ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 4 ЭРНЕКУН № 173 (9062)

38-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Кĕрхи çĕртме сухине хăвăрт тата лайăх туса хăварар

Колхозниксемпе механизаторсем, вучухĕхи вăйлă техникăпа туллин усă курса, ялхуçалăх производствинче пысăк çитĕнӳсем тăваççĕ. Кăçал, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, тырпул пухса кĕртес ĕç ăнăçларах пулса пырать. Сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тырпул пухса кĕртмелли плана республикăри колхозсем 97 процент ытла тултарнă. Колхозсем кĕрхи тырăсене акса пĕтереççĕ, вăрлăх фончĕсем хатĕрлеççĕ. Шупашкар, Ишлей, Муркаш районĕсенчи колхозсем государствăна тырă памалли плана срокчен тултарчĕç.

Машина-трактор станцийĕсем вăйлă тракторсемпе тата çĕнĕ конструкциллĕ плугсемпе пуянланчĕç. Халĕ ĕнтĕ МТС-семпе колхозсем кĕрхи çĕртме сухине хăвăрт тата пысăк пахалăхпа туса ирттерме, çапла вара 1954 çулта суртра акмалли мĕнпур çĕр лаптăкне лайăх хатĕрлесе хăварма пултараççĕ.

Суртрисене кĕркунне сухаласа хăварнă çĕр çине акни суртрисен тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан условисенчен пĕри пулать. Суркунне сухаласа акни çĕр ĕçĕнчи тĕп задачăна—ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерес задачăна пурнăçлама чăрмантарать.

Кĕрхи çĕртме тунă çĕр çине акнă суртрисем тухăçлă пулни малта пыракан колхозсен опычĕнчен лайăх курăнать. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозра тата ытти чылай колхозсенче кĕркунне лайăх сухаласа хатĕрленĕ çĕртме çине акнă сурхи тулă тата ытти культурăсен тухăçлăхĕ кашни гектартан 30 центнертан кая мар пулать.

Кĕрхи çĕртме тунă çĕрте нӳрĕ ытларах пухăнать, сумкурăксемпе ялхуçалăх культурисене сиенлекен хурт-кăпшанкăсем те пĕтеççĕ. Тăпран сухалакан сийне тарăнлатни тата тăпрана удобренисемпе çемçетни ялхуçалăх культурисене ӳссе аталанма лайăх условисем туса парать. Кĕрхи çĕртме сухине пысăк пахалăхпа туса тăпрана удобренисемпе лайăх çемçетни вăйлă тырпул никĕсне хывни пулать. Кунсăр пуçне суртри акмалли лаптăка кĕркунне сухаласа хăварни суркуннехи ĕçсене çăмăллатать, ĕç вăйĕпе, техникăпа туллин усă курса çуракине кĕске срокра ирттерме пулăшать.

Анла пулин те, республикăри хăшпĕр МТС-семпе колхоз руководителĕсем кĕрхи çĕртме сухи тăвас ĕçе хаклаmаççĕ. Çак ĕç халĕ япăх пырать. Тĕслĕхшĕн кӳршĕллĕ Хĕрлĕ Чутай тата Етĕрне МТС-ĕсене илсе пăхар. Сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕ çĕртме тумалли плана 28 процент ытларах тултарнă пулсан, Етĕрне МТС-ĕ вара (директорĕ Визов юлташ) плана 2,7 процент кăна тултарнă. Çак МТС 1952 çулта та октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне плана 37,7 процент кăна тултарнăччĕ. Çакă вăл акă мĕнрен килет: Етĕрне МТС-ĕн руководителĕсем ялхуçалăхĕнчи ĕçсене пĕр-пĕринпе тĕрĕс çыхăнтарса туса пымаççĕ.

Кӳславкка, Сĕнтĕрвăрри, Калинино, Канаш, Çĕрпӳ районĕсенче те кĕрхи çĕртме тăвас ĕç чăтма çук юлса пырать. Ку районсем плана 6—10 процент çеç тултарнă. Анчах районти ертсе пыракан органсем ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕсемпе МТС-сен руководителĕсене ĕç юлса пынипе пĕтерме татăклă мерăсем йышăнма кирли çинчен асăрхаттармаççĕ, ситменлĕхсемпе килĕшсе тăраççĕ.

Кĕрхи çĕртме сухине ăнăçлă ирттересси хальхи тапхăрти ĕçсене пĕр-пĕринпе тĕрĕс çыхăнтарса туса пынинчен килет. Малта пыракан МТС-семпе колхозсем ĕç вăйне тĕрĕс йĕркеленипе, тырпул пухса кĕртес, кĕрхи тырăсем акса хăварас, çĕртме сухи тăвас, государствăна тырă парас ĕçсене пурне те пĕр вăхăтра туса пыраççĕ.

МТС-сен вăйлă техника пур чухне суртрисене суркунне сухаласа акас йăлана пачах пĕтермелле. Кĕрхи çĕртме сухи тумалли плана кĕске срокра тултарма пур майсем те ситекĕлĕ. Çак задачăна чыслăн пурнăçлас шутпа тракторсем тата туртăм вăйĕ çителĕклĕ уйăрмалла. Тракторсемпе кăнтăрла кăна мар, çĕрле те ĕçлемелле.

Кăçал кĕрхи çĕртме тумалли лаптăкăн 94 процентне тракторсемпе сухаламалла. Çав вăхăтрах колхозсен туртăм вăйне те туллин усă курас пулать. Кашни тракторист—сменăри нормăна, колхозник—кулленхи нормăна ытлашшипех тултарса пытăр. Кирлĕ пек пăхса тăман пирки тракторсем чарăнса тăни пулмалла мар. Кашни тракторна кăнтăрлахи, çавăн пекех çĕрлехи сменăсенче те тухăçлă ĕçлемелле.

МТС-сенче дизеллĕ тракторсен шучĕ ӳссех пырать. Çак пысăк тухăçлăхпа ĕçлекен вăйлă тракторсемпе ытларах усă курмалла. Вĕсемпе ытларах ĕçлесен бензин, краççын сахалтарах пĕтет, тунă ĕçсен хăйне ларакан хакĕ йӳнĕрех пулать.

Малта пыракан механизаторсем пĕтĕм ĕçе сехет графикĕ тăрăх туса пыраççĕ. Трактор бригадисенче пуринче те çак опытпа усă курсан, ĕç нумай малалла кайма пултарать, çĕртме сухи тумалли плана агротехникăлла лайăх срокра пурнăçлама пулать. Çĕртме сухи тунă чухне кашни участокăн уйрăмлăхне, çав участока мĕнле культура акма палăртнине шута илес пулать. Çавна кура тарăнрах е ăшăхрах сухаламаллине йĕркелемелле. Ку ĕçе ялхуçалăх специалисчĕсен тимлĕн асăрхаса пымалла.

Çĕртме сухи айне удобренисем хывни питĕ усăллă. Пирĕн республикăра кĕллĕ тата йӳçĕк тăпрасем нумай. Çав лаптăксене обязательнăй йĕркепех тислĕкпе тата ытти вырăнти удобренисемпе кирлĕ чухлĕ çемçетмелле. Вăрлăх участокĕсем çине, техникăлла культурăсемпе пахча çимĕçсем, тулă, çĕрулми, нумай çул ӳсекен курăксем акмалли участоксем çине удобрени ытларах хывас пулать. Йӳçĕк тăпраллă участоксене известьлеме тăрăшмалла.

Колхоз руководителĕсен, бригадирсен тивĕçĕ—тракторпа сухаланă çĕртмене тĕплĕн тĕрĕслесе хакласси. Ăшăх, шăйрăклă сухаланă участока йышăнмалла мар, пур çĕрте те обязательнăй йĕркепех предплужниклă плугпа сухалаттармалла.

Машина-трактор станцийĕсен ĕçне вăйлатас тĕлĕшпе КПСС райкомĕсемпе райисполкомсен тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла. Кĕрхи çĕртме тăвас ĕçĕн хăвăртлăхне татăклăнах ӳстермелле. МТС директорĕсен çак ответлă задание пурнăçлама механизаторсене мобилизацилемелле. Механизаторсен социализмла ăмăртăвне, вĕсем хăйсен обязательствисене мĕнле пурнăçланине куллен тĕрĕслемелле, малта пыракансен опытне сармалла. Колхоз тата МТС руководителĕсен механизаторсене тухăçлă ĕçлеме мĕн кирлине пĕтĕмпех туса памалла.

Колхозниксемпе механизаторсем партин XIX-мĕш съезчĕ социализмла ялхуçалăх умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлас тесе пĕтĕм вăй-хăвата парса ĕçлеççĕ. СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисем, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ сессире каланă сăмах ял ĕçченĕсен хастарлăхне тата та ытларах ӳстерчĕç. Колхозниксемпе колхозницăсем, механизаторсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем кăçалхи мĕнпур ĕçсене хăвăртрах пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ. Вĕсен хастарлăхне ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлăн вĕçлеме, кĕрхи çĕртме сухи тумалли плана пĕтĕмпех тултарма мобилизацилемелле.

## СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне Г. М. МАЛЕНКОВ юлташа СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен министрне В. М. МОЛОТОВ юлташа

МУСКАВ

Японие хирĕç пынă вăрçăра çĕнтерӳ тунă кунтанпа 8 çул тултарнă май эпир, Китай халăхĕ тата Китайăн Халăх ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен çарĕ ячĕпе, совет халăхне тата Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене хĕрӳллĕ салам яратпăр.

Япони империализмĕн агрессине хирĕç пынă йывăр вăрçă çулĕсенче, юлашкинчен Япони империализмне çĕмĕрсе тăкасси патне илсе пынă кĕрешӳ çулĕсенче, Китай халăхĕ малтанхи кунтан пуçласа вĕçне çитиччен совет халăхĕнчен пулăшу илсе тăчĕ. Çакă вăл уйрăмах 1945 çулта, Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем вăрçа хутшăнса Китай халăхĕпе çума-çумăн тăрса çапăçнă çулта, палăрчĕ. Çакăн хыççăн Япони империализмне çĕмĕрсе тăкса татăклă çĕнтерӳ тунă.

Китай Халăх Республикине туса хунăранпа тата Китайпа Совет Союзĕ хушшинче Туслăх, Союз тата Пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен Договор тунăранпа Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх тĕрекленчĕ, вăл кашни кун тĕрекленсе тата аталанса пырать. Çак аслă туслăх вăл халĕ Инçет Хĕвелтухăçĕнчи тата пĕтĕм тĕнчери мирĕн çирĕп шанчăкĕ пулса тăчĕ.

Эпир кунта çакна хушса каласшăн: Совет Союзĕ Китай халăхне паракан тăванла пулăшу Китай экономикине хăвăрт ура çине тăратас тата ăна планлă строительство çулĕпе аталантарас ĕçре паха фактор пулса тăрать.

Нумаях пулмасть Корейăри перемири çинчен килĕшӳ туни мирпе демократин пĕтĕм лагерĕ мире сыхлассишĕн тата çĕнĕ вăрçăна сирсе ярассишĕн пыракан кĕрешӳре çĕнĕ аслă çитĕнӳ туни пулса тăрать. Çак аслă çитĕнӳ тĕнчери лару-тăрура палăрнă çăмăллăха туса хума пулăшрĕ. Çакăнпа пĕрлех вăл Японии империалистла агрессийĕ тепĕр хут çĕкленсе тăма пултарнине сирсе ярас тĕлĕшпе Инçет Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсемпе йĕркеллĕ хутшăнусем туса хума тăрăшакан Япони халăхне пулăшать.

Сывă пултăр Китайпа Совет Союзĕ Хĕвелтухăçĕнче тата пĕтĕм тĕнчери мире хӳтĕлесе тăрас ырă ĕçре пĕр-пĕринпе ĕмĕр-ĕмĕр килĕштерсе ĕçлесси!

Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Председателĕ Мао ЦЗЭ-ДУН.

Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Государство Администраци Совечĕн Премьерĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ ЧЖОУ ЭНЬ-ЛАЙ.

1953 çулхи сентябрĕн 2-мĕшĕ.

## Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Председательне МАО ЦЗЭ-ДУН юлташа Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Государство Администраци Совечĕн Премьерне тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен министрне ЧЖОУ ЭНЬ-ЛАЙ юлташа

ПЕКИН хули.

Япони милитаризмне çĕнтернĕ кунтанпа 8 çул тултарнă ятпа Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствине, Китайăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене тата аслă Китай халăхне саламласа ырă сунатпăр.

Китайпа Совет Союзĕн халăхĕсем хăйсен союзникĕсемпе пĕрле паттăррăн кĕрешни çак çĕнтерĕве тума, Инçет Хĕвелтухăçĕнче мир туса хума май пачĕ. Совет Союзĕпе Китай Халăх Республикин халăхĕсен аслă союзĕ тата тăванла туслăхĕ малашне те Инçет Хĕвелтухăçĕнче мир тата хăрушсăрлăх туса хумалли тата пĕтĕм тĕнчере мире тĕреклетмелли шанчăклă никĕс пулассине çирĕп ĕненсе тăратпăр.

Сывă пултăр Китай Халăх Республикипе Совет Союзĕн аслă та çирĕп туслăхĕ!

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. МАЛЕНКОВ.

СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. МОЛОТОВ.

1953 çулхи сентябрĕн 2-мĕшĕ.

## М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан университетăн çĕнĕ çурчĕсене уçни

Ленинские горы ятлă вырăнти М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан Мускаври государство университечĕ умĕнчи пысăк площадь сентябрĕн 1-мĕшĕнче уяв чухнехи пек пулнă. Кунта ирхине университетăн çĕнĕ çурчĕсене уçнă ятпа пулнă митинга столицăри пиншер ĕçсынисем пухăннă. Митинга пухăннисем хушшинче наукăн çак чаплă дворецне тунă çынсем те, паян пуçласа аудиторисене, библиотекăсене, лабораторисене пырса кĕрекен çамрăксем те пур. Кунтах Мускава ют çĕршывсенчен хăнана килнĕ делегацисем те пынă.

Пысăк çуртсен шур чуллă стенисене, 240 метр çӳлĕш ытăн тĕслĕ шпиле, симĕс аллейăсене, газонсене хĕвел çутатать.

Çӳлти башня çине вырнаçтарса лартнă пысăк сехетĕн юписем 10 цифра патне çывхарса пыраççĕ. КПСС Мускав область комитечĕн секретарĕ Н. А. Михайлов юлташ митинга уçать. СССР Государство Гимнĕн кĕввн чаплăн янăрать.

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕ ячĕпе СССР Культура министрĕ П. К. Пономаренко юлташ сăмах калать. Вăл Ленинские горы ятлă вырăнта наука дворецĕ туса лартни советлă социализмла культура аталанăвĕнче чаплă событи пулса тăни çинчен, çакă вăл Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пирĕн халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайне вĕçĕмсĕр ӳстерсе пырассишĕн тăрăшнине кăтартса пани çинчен калать.

Пономаренко юлташ пирĕн çĕршывра аслă шкулсенче вĕрентес ĕç вăйлăн аталанса пыни çинчен, совет интеллигенцин кадрĕсене хатĕрлесси ӳсни çинчен калать. Çакă вăл халăх хуçалăхне техникăпа малалла пуянлатма, пирĕн çĕршывра наукăна аталантарма май парать.

Пономаренко юлташ университетăн тĕп çурчĕсене ăнăçлăн туса пĕтернĕ ятпа строительсен коллективне саламласа сывлăх суннă, университетра ĕçлекен профессорсене, научнăй сотрудниксене, студентсене, аспирантсене, рабочисене, служащисене наука дворецĕ ĕçе тытăннă ятпа сывлăх сунна. Вăл Мускаври университет коллективне ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума ырă сунна.

Моссовет исполкомĕн председателĕ М. А. Яснов юлташ сăмах илет. Столицăри ĕçсынисем ячĕпе вăл строительсене, профессорсене, преподавательсене, студентсене совет культурин уявĕ ячĕпе сывлăх сунать.

Митингра СССР Наука академийĕн президенчĕ А. Н. Несмеянов академик сăмах калать.

Çавăн пекех митингра университет строительствин начальникĕ А. В. Воронков юлташ сăмах каланă. Вăл строительсем туса ирттернĕ пысăк ĕçсем çинчен, пысăк çуртсем тăвас тĕлĕшпе пуян опыт пухни çинчен каласа парать.

Университет ректорĕ И. Г. Петровский академик университетăн лабораторийĕсемпе кабинечĕсене чаплă оборудованисемпе пуянлатни çинчен, наукăна аталантарма пысăк майсем пулса тăни çинчен, вĕренекенсем валли лайăх условисем туса пани çинчен калать. Университетра 57 национальность çыннисем — 17 пин ытла студент (заочниксемпе пĕрле шутласан) вĕренмелле пулать.

Митинг хупăнать. ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе Пономаренко юлташ Мускаври государство университечĕн çĕнĕ çурчĕсене уçни çинчен пĕлтерет.

Нумай аудиторисене, лабораторисене, актовăй зала, наука дворецĕнчи пурăнмалли пӳлĕмсене пăхса тухма тытăнаççĕ.

12 сехетре малтанхи хут звонок сасси янраса каять. Вăл физика, хими, механикăпа математика, геологи, географи факультечĕсенче вĕренӳ çулĕ пуçланни çинчен пĕлтерет.

Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан государство университетне уçнă ятпа пулнă уява Мускаври посольствăсемпе миссисен пуçлăхĕсене те чĕннĕ. (ТАСС).

## Марксизм-ленинизма вĕренмелли университетсенче занятисем пуçланнă

ТАЛЛИН. Паян Эстонири коммунистсен партийĕн Таллин хула комитечĕ çумĕнчи марксизм-ленинизма вĕренмелли каçхи университетра занятисем пуçланнă. Кăçал пĕррелĕш курсра вĕренме 430 çын илнĕ. Вĕсенчен çурри — промышленность предприятийĕсемпе транспортра ĕçлекен инженерсемпе техниксем. Университетра врачсемпе учительсем те нумай вĕренеççĕ. Преподавательсем пулса КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи парти аслă шкулĕнчен тата обществăлла наукăсен академийĕнчен вĕренсе тухнă çынсем ĕçлеме пуçланă.

Университетра пĕтĕмпе 800 çынна якăн вĕренет.

ВЛАДИВОСТОК. Паян Владивосток, Ворошилов, Сучан хулисенче марксизм-ленинизма вĕренмелли каçхи университетсенче занятисем пуçланнă. Владивостокри университетăн пĕррелĕш курсĕнче вĕренме 260 çын илнĕ, вăл шутра хĕрарăмсем 100 çын ытла.

КПСС Владивосток хула комитечĕ университет çумĕнче Инçет Хĕвелтухăçпе Сурçĕр пароходствисенче ĕçлекен коммунистсем валли заочно вĕренме филиал организациленĕ. Филиалта 70 коммунист-моряк вĕренет.

ТОМСК. Паян кунта марксизм-ленинизма вĕренмелли университетра занятисем пуçланнă. Каçхи университетра пĕтĕмпе 630 çын вĕренет. Томск хулинче ĕçлекен научнăй работниксем валли филиал уçнă. Унта 200 çын вĕренет.

Сентябрĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС).

## Етĕрне районĕ государствăна тырă памалли плана тултарчĕ

ЕТĔРНЕ, сентябрĕн 3-мĕшĕ. (Телеграфпа). Етĕрне районĕнчи колхозсем сентябрĕн 2-мĕшĕ тĕлне государствăна тырă памалли плана тултарчĕç. Тырă хатĕрлесе парас ĕçе Маленков ячĕпе, Буденный ячĕпе, Ворошилов ячĕпе, Шверник ячĕпе тăракан, «Ленинский завет» тата «Правда» колхозсем уйрăмах лайăх туса пычĕç. МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата тӳлемелли счетсем тăрăх государствăна тырă парас ĕç малалла пырать.

КПСС райком секретарĕ Н. ХРОМОВ.

Райисполком председателĕ Ф. КОЧЕРГИНА.

Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн начальникĕ П. КОЧЕТОВ.

МТС директорĕ А. ВЯЗОВ.

## СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн Пиллĕкмĕш сессийĕнче каланă сăмаха чăвашла пичетлесе кăларнă

Чăваш АССР государство издательстви СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн Пиллĕкмĕш сессийĕнче каланă сăмаха уйрăм кĕнеке туса чăвашла пичетлесе кăларнă.

Кĕнеке тиражĕ 30 пин экземпляр.

## И. С. Тургенев произведенийĕсем чăвашла

Кăçалхи сентябрĕн 3-мĕшĕнче вырăсен паллă писателĕ И. С. Тургенев вилнĕренпе 70 çул тултарчĕ. Унăн чылай произведенийĕсене чăвашла куçарса кăларнă. Республикăри кĕнеке палатинчи документсем тăрăх, И. С. Тургеневăн 10 произведенине пурĕ 31 пин экземпляр чăвашла пичетлесе кăларнă. «Цутене», «Бежин çаранĕ», «Тăлкăртатать», «Ял», «Куçăсси ялĕн», «Салакайăк», «Аннĕсемпе ывăлĕсем», «Сурхи шывсем» произведенисене пиншер экземпляр пичетлесе кăларнă.

Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

## Паянхи Калинино

Çавал шывĕ Калининăна икĕ пая уйăрать: сулахай енче—районти учрежденисемпе суту-илӳ организацийĕсен пысăк çурчĕсем, сылтăмра — рабочисемпе служащисен поселокĕ. Çавал шывĕ хĕррине промыслапа апат-çимĕç комбиначĕсем, çу завочĕ, пекарня тата ытти чылай предприятисем вырнаçнă.

Калинино — автотранспорт çулĕн узелĕ: Вăрнартан Шупашкара, Çĕмĕрлерен Канаша тата Элĕке каякан шоссе çулĕсем ирттеççĕ.

Район центрĕ варринче вăтам шкулăн икĕ хутлă çурчĕ вырнаçнă. Унта çулсеренех 700 ача ытла вĕренет. Иртнĕ çулсенче çак шкултан вĕренсе тухнă ачасем халĕ Тăван çĕршыври хуласемпе ялсенче инженерсем, техниксем, врачсем, учительсем, агрономсем, зоотехниксем, Совет Çарĕн офицерĕсем пулса ĕçлеççĕ.

Райцентрти ĕçсынисен кану вăхăтне культурăлла ирттермелли условисем çителĕклĕ. Культура çуртĕнче 500 çын вырнаçмалăх зал пур. Кунта Шупашкартан килекен артистсемпе ялсенчи колхоз çамрăкĕсен художествăлла пултарулăх коллективĕсем концертсем параççĕ. Каçсерен çĕнĕ кинокартинăсем кăтартаççĕ. Культура çуртĕнче драма, юрăпа ташă кружокĕсем ĕçлеççĕ.

Район центрĕнче 5 библиотека. Вĕсенче 35.000 кĕнеке шутланать. Кăçалхи 8 уйăх хушшинче кăна библиотекăсенчен 921 çын 5.600 кĕнеке ытла илсе вуланă.

Иртнĕ çулсенче раймагпа столовăйăн пысăк çурчĕсене туса лартнă. Халĕ район центрĕнче 8 магазин, ларексем вуншар шутланаççĕ. Вĕсенче ĕçсыннисене куллен кирлĕ таварсем çителĕклĕ. Райпотребсоюз магазинĕсем 8 уйăхри тавар çаврăнăш планне 116 процент тултарчĕç.

Промыслапа апат-çимĕç комбиначĕсем ĕçсыннисене кирлĕ таварсене нумай туса кăлараççĕ. Апат-çимĕç комбинатĕнче ĕçлекен рабочисем кашни кварталтах производство планне ирттерсе тултараççĕ. Халĕ комбинат виççĕмĕш кварталти плана пĕр уйăх малтан пурнăçласа, тăваттăмĕш кварталшăн ĕçлет. Промкомбинатăн та çитĕнĕвĕсем пысăк. Кашни цехах производство планне тултарса пырать.

Калининăра ача çурчĕсем иккĕ. Вĕсенче 160 ача телейлĕн ӳссе çитĕнеççĕ. Больницăри стационарта койкăсен хисепĕ çултан-çул ӳссе пырать. Больницăра 11 врач тата вăтам пĕлӳ илнĕ 17 медицина работникĕсем ĕçлеççĕ. Ĕçсыннисен сывлăхĕшĕн ырми-канми тăрăшса ĕçленĕшĕн медицина работникĕсенчен чылайăшĕ орденсемпе медальсем илме тивĕçлĕ пулнă.

Октябрь революциччен ĕлĕкхи Нурăсра пĕр телефон кăна пулнă пулсан, паянхи куна райцентрта 65 телефон точки ĕçлет. Кашни колхоз, кашни ял Совечĕ тата хăшпĕр колхозсенчи уй-хир бригадисем райцентрпа телефонпа çыхăнаççĕ.

Калининăран тухсанах вăрман хĕрринче пысăк та илемлĕ çуртсене куратăн. Ку вăл—МТС. Вунă çул каялла çак вырăнта хăйăр кăна пулнă. Халĕ МТС çурчĕсем, гаражсем, мастерскойсем, электростанци, клуб, магазин тата ытти нумай çуртсем тĕрлĕ йышши илемлĕ йывăçсем айне путнă. Çав 4 гектар çинчи йывăçсене механизаторсем хăйсен аллипе лартса, шăварса ӳстернĕ. МТС çулсеренех хăватлă техникăпа пуянланса пырать. Иртнĕ икĕ çул хушшинче кăна ДТ-54 тракторсем 15, самоходнăй комбайнсем 12, «Сталинец-6» комбайнсем 5 тата ытти ялхуçалăх машинисем нумай илсе килнĕ. Хальхи вăхăтра колхозсенчи уй-хир ĕçĕсен 85 процентне МТС вăйĕпе пурнăçлаççĕ. Район центрĕнчи «Правда» колхозра кăна тăватă трактор, икĕ комбайн ĕçлет. Колхоз тырпула уй-хиртен типтерлĕ пухса кĕртрĕ. Государствăна ялхуçалăх продукчĕсем памалли плана ăнăçлăн пурнăçларĕ.

Н. КУРЦОВ.
П. КРАСНОВ.



Калинино ялĕнче. Сулахайри—ача çурчĕ, сылтăмри—амбулатори. П. ЕФРЕМОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Партбюрона мĕншĕн критиклерĕç

«Красное Сормово» колхозри пуçламăш парторганизаци—Муркаш районĕнчи пысăк парторганизацисенчен пĕри. Вăл КПСС членĕсемпе кандидатсене 31 çынна пĕрлештерсе тăрать. Вĕсем пурте колхоз производствин пысăк участокĕсенче ĕçлеççĕ.

Парторганизаци, артель хуçалăхне пуянлăхне ÿстерессишĕн тăрăшса, коммунистсемпе колхозниксене çитменлĕхсемпе кĕрешме, ĕçсене вăхăтра пĕтерме [illegible].

Юлашки виçĕ çул хушшинче, коммунистсем пуçарнипе, колхозниксем тырпул тухăçлăхне нумай ÿстерчĕç. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхĕ те ÿсрĕ. Колхозра ĕç дисциплини çирĕпленчĕ.

Колхоз государство умĕнчи парăмсене кăтартнă вăхăт çитиччченех тултарса пырать.

Иртнĕ çул ку колхоза тырпула вăхăтра пухса кĕртсе государствăна тырă памалли плана вăхăтчен тултарнăшăн райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне панă. Парторганизаци çак Хĕрлĕ ялава кăçал та колхозрах хăварассишĕн тăрăшать.

Иртнĕ кунсенче пуçламăш парторганизацин отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртрĕ.

Парторганизаци ĕçĕсем çинчен партбюро секретарĕ Ершов юлташ отчет туса пачĕ. Отчет тăрăх тухса каланă коммунистсем парторганизацин лайăх ĕçĕсемпе пĕрлех çитменлĕхĕсене те кăтартса пачĕç.

Коммунистсем уйрăмах партбюро ĕçне хытă критиклерĕç. Партбюро колхоз производствин уйрăм участокĕсенче ĕç мĕнле пынине тĕплĕн сăнаса вĕренсе пыман, парти пухăвĕсем йышăннă решенисене пурнăçлассишĕн сахал кĕрешнĕ.

— Парти пухăвĕсенче сахал мар лайăх решенисем йышăннă, анчах вĕсем нумайăшĕ хут çинчех юлнă. 1952 çулхи сентябрь уйăхĕнче пулса иртнĕ усă пухура выльăх-чĕрлĕхе хĕле хунă çĕре ĕне тата сысна витисене, сысна пăхакансем валли пÿрт туса пĕтерме йышăннăччĕ. Анчах, колхозра пур майсем те пулнă пулсан та, çак решени пурнăçланмарĕ. Ку решение пурнăçлама партбюро коммунистсен пĕтĕм вăйне пухмалла пулнă, ĕç мĕнле пынине тĕрĕслесех тăмалла пулнă,—терĕç Угольникова Репин юлташсем пухура.

Партбюро уйрăм коммунистсемпе сахал ĕçленĕ, вĕсен активлăхне ÿстерес тесе нимĕн те туман. Çавăнпа та çамрăк коммунистсем Налимова, Сорокина, Зайцева парторганизацин ĕçне хăюсăр хутшăнаççĕ, парти пухăвĕсене сиктерсе çÿреççĕ.

Партбюро çавăн пекех партире тăман активпа та çителĕксĕр ĕçленĕ. Парти пухăвĕсене 11 хут ирттернĕ пулсан, усă пухусем виççĕ çеç пулнă.

Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче КПСС историйĕн кĕске курсне тата И. В. Сталин биографине вĕренмелли кружоксем йĕркеленĕ пулнă. Анчах уйрăм коммунистсем Сорокин, Бочкин, Петрова занятисене тăтăшах сиктерсе çÿренĕ, партбюро вĕсен çитменлĕхне пĕтерес пирки нимĕнле мерă та йышăнман.

Тухса каланă юлташсем КПСС райкомĕ пуçламăш парторганизацине çителĕксĕр пулăшнине палăртрĕç.

— Райком работникĕсем колхоза килсессĕн хуçалăх ыйтăвĕсемпе çеç интересленеççĕ, парторганизаци ĕçне тĕпчесе пĕлмесĕрех тухса каяççĕ. Парти пухăвĕсенче пулмаççĕ, коммунистсемпе калаçмаççĕ, колхозниксем хушшинче политикăлла докладсем туса памаççĕ,—терĕç тухса калакансем.

Пуху пысăк активлăхпа иртрĕ, пурĕ 13 коммунист тухса каларĕç.

С. НИКОЛАЕВ.

## Райком пленумĕ

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Çак кунсенче КПСС райкомĕн пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум «Заветы Ленина» тата Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсенчи парторганизацисен секретарĕсен отчечĕсене итлерĕ.

Докладчиксем Миронова Гаврилов юлташсем тата тухса калакансем иртнĕ çулсенче юлса пынă çак колхозсем кăçалхи çул лайăхрах ĕçленине палăртрĕç.

«Заветы Ленина» колхоз тырă вырса пĕтерчĕ, кĕрхи плание тултарчĕ, государствăна тырă памалли графика тăтăшах тултарса пырать. Парторганизаци государствăна тырă памалли плана çак кунсенче тултармалла тăвассишĕн кĕрешет.

Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра иртнĕ çулта ĕçлеме пултаракан колхозниксенчен 179 çын ĕçкунĕсен минимумне тултармен пулнă. Кăçал колхозниксем пурте тăрăшса ĕçлеççĕ.

Асăннă колхозсенче выльăх-чĕрлĕха хĕл каçарма хатĕрленес тĕллешпе те пиенсех ĕçлеççĕ.

Пуçламăш парторганизацисем коммунистсемпе ялти интеллигенцие агитацилле ĕçе анлăн хутшăнтарнă.

Анчах парторганизацисен ĕçĕнче çитменлĕхсем те пур-ха.

— Çав çитменлĕхсем,—тет «Заветы Ленина» колхозри парторганизаци бюровĕн членĕ Воронцов юлташ,—пуринчен малтан парти райкомĕпе районти ытти тивĕçлĕ организацисем çителĕксĕр пулăшса пынинчен килеççĕ. Райкомри тата ертсе пыракан ытти организацисенчи ответлă работниксем пирĕн колхоза кĕрсе тухса кăна каяççĕ, политикăлла-массăлла ĕçе йĕркелеме пачах пулăшмаççĕ. Вĕсем кăçал пирĕн колхозра пĕр лекципе доклад та туса паман.

Тухса каланă юлташсем МТС колхозсене çителĕксĕр пулăшнине палăртрĕç.

Райком пленумĕ колхозсенчи парторганизацисен ĕçне лайăхлатас тĕллешпе тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

С. ИЛЬИН.

## Критикăсăр иртнĕ пуху

КАНАШ. Вагонсем юсакан заводăн вагон пухакан цехĕнчи парторганизацин отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртрĕ. Цехри парторганизаци ĕçĕсем çинчен партбюро секретарĕ Орлов юлташ доклад туса пачĕ.

Цех ĕçĕсем çинчен пĕлмен çын Орлов юлташ докладне итленĕ хыççăн: «Ку цех тĕлĕнмелле лайăх ĕçлет», тенĕ пулĕччĕ. Орлов юлташ каланă тăрăх, цехра «ĕçсем лайăхланчĕç», «ĕç лайăх пырать».

Анчах ĕçсем çавăн пекех лайăх-ши? Çук. Цех 7 уйăх хушшинче плана тултарма 65 вагон парса çитермен, туса кăларнă продукцин хакне сур миллион тенкĕлĕх хаклатнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана та тултарман. Цехра материалсене перерасхотлемеççĕ. Сăмахран, Бревенцов коммунист ертсе пыракан участокра кăна 40 тонна сăр ытлашши пĕтернĕ. Нумаях пулмасть юрăхлă болтсемпе гайкăсене икĕ тонна çÿп-çап çине кайса тăкнă.

Орлов юлташ хăйĕн докладĕнче «политикăлла-массăлла ĕç лайăхланчĕ, отчетлă тапхăрта 15 каласу ирттернĕ», терĕ. Политикăлла-массăлла ĕçе 15 каласу ирттернипех лайăхланчĕ тесе хаклани тĕрĕс мар ĕнтĕ. Цехра политикăлла-массăлла ĕç çителĕксĕр. Партбюро агитколлектива ертсе пымасть, агитаторсене ĕçре пулăшмасть.

Докладчик КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене цехри парторганизаци мĕнле пурнăçлани çинчен нимĕн те каламарĕ.

Цех начар ĕçленине вăл урăх цехсенчен материалсем вăхăтра пырса çитеймен пирки пулса пырать тесе ăнлантарчĕ.

Парторганизацинчи коммунистсем хушшинче дисциплинăна пăсакансем те сахал мар. Антропова Цаплин коммунистсем цехри рабочисен тата коммунистсен пухăвĕсене те çÿремеççĕ, хăшпĕр коммунистсем участоксенче япăх ĕçлеççĕ, ĕçе ячĕшĕн çеç тăваççĕ. Анчах докладчик çавăн пек фактсене асăнмасăр хăварчĕ.

Отчета партбюро секретарĕ пĕччен хатĕрленĕ, ăна партбюро ларăвĕнче пăхса тухман.

Партбюро секретарĕ отчетлă докладра парторганизацин ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса параймен пирки пуху критикăсăр иртрĕ: 42 коммунистран 6 коммунист çеç тухса каларĕç, вĕсем те парторганизацин çитменлĕхĕсене çителĕклĕ критиклеймерĕç.

Отчета партбюрора сÿтсе явманнине заводри партком секретарĕ Колокольнев юлташ пĕлнĕ, анчах та çак пысăк çитменлĕхе çийĕнчех тÿрлетме тăрăшман.

И. МАРКОВ.
Г. ИСАЕВ.

## Вĕренÿ çулне хатĕрленеççĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. Маленков ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулне тĕплĕн хатĕрленет. Ку тĕллешпе кашни коммунистпа тата колхоз активĕпе каласусем ирттернĕ, кам мĕнле кружокра вĕренессине палăртнă. Кружоксенче вĕренекенсем валли çырмалли хут, кăранташ тата кĕнекесемпе наглядлă пособисем çителĕклĕ хатĕрленĕ.

Марксизм-ленинизм теорине вĕренекенсене ялти библиотека та пулăшма хатĕр. Унта марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем, наглядлă пособисем çителĕклĕ.

Çĕнĕ вĕренÿ çулĕнче пуçламăш парторганизаци йĕркеленĕ кружоксенче 48 çын вĕренмелле. Кашни коммунист хăш кружокра вĕренессине халех пĕлет.

Çак кунсенче пулса иртнĕ парти пухăвĕнче иртнĕ вĕренÿ çулĕн итогĕсем тата парторганизацин çĕнĕ вĕренÿ çулĕнчи задачисем çинчен сÿтсе яврĕç. Пуху коммунистсен вĕренÿри çитĕнĕвĕсемпе пĕрлех çитменлĕхсене те палăртрĕ. Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен пысăк çитменлĕхсем пулнă. Çав çитменлĕхсене кăçалхи çул пĕтерме йышăнчĕç.

В. ИГНАТЬЕВ.

ФЕЛЬЕТОН

## Икĕ мулкача хăваласан...

Чурпай ялĕнчи пĕр урам вĕçĕнчи пĕренесем çине ватă мучисем пухăнса ларнă та, курни-илтни çинчен сăмахлаççĕ. Пĕр мучи сунара çÿрени çинчен каласа пусларĕ.

— Сунартан нимсĕр-мĕнсĕр таврăнман. Мĕн те пулин тытса килнĕ. Арăм манăн пултарулăха яланах мухтатчĕ. Пĕррехинче [illegible] тăп: пĕр харăсах икĕ мулкач сиксе тухрĕç. Тытăнтăм хăвалама пĕррине. Пĕрне пăхатăп та теприне перетĕп. Нихăшне те лектереймерĕм. Унччен пăлă сунарçă пулни пĕтсе ларчĕ. Таврари сунарçăсемпе ял-йышсем умĕнче [illegible] авторитет юлмарĕ. Халĕ сунара кайс тесен карчăк ятлаçать. Мулкач хÿрисене çеç курса çÿрес пур [illegible] çинчен те ăнас мар, тет.

— Ку мĕн! Пирĕн Михаил Иванч икĕ мулкача улттă уйăх хăвалать, çапах та нихăшне те тытаймасть,—хушса хучĕ тепĕр мучи, пĕр хапхаран тухса тенĕр хапха патне вĕçт кăна иртнĕ Бельский çине кăтартса.

— Хăçан сунарçă пулнă вара вăл? Мулкач мар, пăшал аврине те тытса курман вĕт-ха?

— Мĕн тупăшмалли: ял Совет председателĕ, çав вăхăтрах вулав çурчĕн заведующийĕ. Икĕ мулкача хăвалави пулмасть-и çакă? Анчах иккĕшĕ те икĕ енелле тараççĕ вĕт.

Эпир Бельский юлташăн ĕçĕсемпе паллашрăмăр. Ĕçсем чăнахах мучисем каланă пекех пулса пыраççĕ. Ял Советĕнче те, вулав çуртĕнче те ĕçсем нисĕх каймаççĕ.

Ял Совечĕн ĕçĕсем çинчен ыйтсан, вăл пĕр иккĕленмесĕрех çапла ответлет:

— Ĕç планĕсем тумастпăр...

— Депутатсем сессисене пухăнмаççĕ...

— Сессисене вăхăтра ирттерейместпĕр...

— Шкулсем, медицина пункчĕн, ялпо ĕçĕсем çинчен пăхса тухман...

— Укçа-тенкĕ пухас ĕç мĕнле пыни çинчен сÿтсе явман...

— Ялкри комиссисем ĕçлемеççĕ...

— Ялти халăх пухăвĕсене ирттерместпĕр...

— Суйлавçăсен наказĕсем пурнăçланмаççĕ...

Вулав çурчĕн ĕçĕсем çинчен ыйтсан та, çавăн пек ответсемех:

— Ĕç ялавĕ пуçламăш парторганизаци секретарĕ патĕнче...

— Тупă ĕçсене шута илмелли журнал та ун аллинче...

— Лекцисемпе докладсем сахал ирттеретпĕр...

Тĕрĕс калать. Ĕçсем вăл хăй каланă пекех. Кăçал пĕтĕмпе ял Совет сессийĕсене виçĕ хутчен çеç ирттернĕ. Майăн 20-мĕшĕнчепе сесси пулман. Секретарь çырса хунă сесси протоколĕсене те председатель вуламасть.

— Ахалех кайăк пĕлетĕп те, мĕн тăвас вуласа,—тет Бельский юлташ.

— [illegible] председателĕ кам [illegible] сăмах [illegible] председателĕ-тен.

— Скворцов, Георгий Степанович.

— Чимăр-ха. Пĕррехинче сессире Тимонин юлташа суйлани çинчен çырса хунăччĕ мар-и?

— [illegible] вырăнне ялхуçалăх комиссийĕн председателĕ пулнăччĕ-çке,—тĕрĕслет Бельский. — Сесси хыççăн вĕсене пĕрре те пухман та, манмалăх пулнă.

Вулав çуртĕнче те çапах. Пĕрин-пĕрин çук унта. Вулав çурчĕ час-часах хупă тăрать. Ик-виçĕ пăта çапса юсамалли сĕтел-пуканĕсемпе тенкелсем аран-аран тытăнкаласа тăраççĕ. Лекцисемпе докладсем, каласусем ăнсăртран кăна пулаççĕ.

Ыраса çÿренĕ хыççăн, вулав çурчĕн ĕç планне чăнах та пуçламăш парторганизаци секретарĕ З. Емельянов юлташ патĕнче тупрăмăр. Ял Совечĕн ĕç планĕ çук пулсан, вулав çурчĕн ĕç планне тума нумай вăй хуни курăнать. Планпа кварталта хушшинче лекцисемпе докладсем 15 хут, каласусем, спектакльсемпе концертсем, кружок занятийĕсем пулмалла.

— Питĕ хитре план,—теççĕ колхозниксем.—Анчах хăçан пулĕç-ши ку лекцисемпе докладсем, каласусем? Нихăшне те илтмен.

Чурпай ял Совет председателĕ М. Бельский, икĕ ĕç хыççăн хăваласа, питĕ чеелексе пурăнма вĕренсе çитнĕ. Ял Советне пырсан:

— Вулав çуртне кайрĕ пирĕн председатель, — теççĕ исполнитель-дежурнăйсем.

Хупă тăракан вулав çурчĕ патне пырсан:

— Ял Советĕнче пулĕ пирĕн вулав çурчĕн заведующийĕ,—теççĕ çынсем. Тĕрĕссипе ăна никста та мар, килĕнче çеç тупма пулать. Вăл ял Совечĕн секретарьне те хăй пекех чеелексе пурăнма вĕрентнĕ. Августăн 24-мĕшĕнче, тунтикун, ĕçпе пынă çынсем М. Бельский килне темиçе хутчен те исполнителе ячĕç.

— Маляра тухнă вăл, килте темĕн сăрлать. Паян унăн канмалли кун, тет, ял Советне килместĕп, терĕ,—пĕлтерчĕ исполнитель.

Ял Совечĕн секретарĕ Л. Бажайкин та ял Советне пынă çынсене виçĕ сехет ытла кĕттерчĕ.

Çавăн пек иртеççĕ икĕ мулкача хăвалакан Бельскин кунĕсемпе ĕçĕсем.

Етĕрне районĕнче икĕ мулкача хăвалакан ял Совет председателĕсем татах та пур. Ирçе ял Совечĕн председателĕ Г. Петров юлташ—шкулта учитель. Кĕçĕн Чураш ял Совечĕн председателĕ Веденеев—колхозри радиоузел заведующийĕ. Кăташ ял Совечĕн председателĕ П. Григорьев юлташ—ялти клуб заведующийĕ.

Етĕрне райсовет исполкомĕ вĕсене теппер ĕç тупса панĕ-ши?

Н. ЦВЕТКОВ.

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн*

## „Тăккаласа выраççĕ"

Еçсыння депутачĕсен Красноармейски район Совет исполкомĕн Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра июлĕн 28-мĕшĕнче пичетленĕ «Ыраша тăккаласа выраççĕ» ятлă статьяна «Гигант» колхоз правленин ларăвĕнче сÿтсе явнă, колхоз правленийĕ хаçат критикленинчен çийĕнчех кирлĕ вывод туни, çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

Тырпула вăхăтра пухса кĕртме пулăшас тесе, машина-трактор станцийĕ «Гигант» колхоза комбайнпа тата молотилкăпа ĕçлесе пулăшнă. Çакна май колхоз тырпула пĕтĕмпех пухса кĕртнĕ. Халĕ авăна хăвăрт çапса пĕтерессишĕн тата государствăна тырă памалли плана çитес кунсенчех тултарассишĕн бригадăсем ăмăртса ĕçлеççĕ.

*Редакцие килнĕ çырусем*

## Удобренисене усăсăр вырттармалла мар

Ялхуçалăх снабжени управленийĕн склачĕсенче халĕхи вăхăтра минераллă удобренисем питĕ нумай. Чугун çул станцийĕсенче нумай çĕр тонна удобрени выртать. Сăмахран, Канаш станцинчи склад-сенче паянхи куна 700 тонна ытла удобрени пур. Нăрвар станцинче выртакан удобренисен хисепĕ 477 тонна, Шупашкарта—356 тонна, Сĕмĕрлере—276 тонна, Улатăрта, Вăрнарта, Йĕпреçре çĕршер тонна ытла удобрени выртать.

Удобренисем мĕншĕн-ха çапла усăсăр выртаççĕ? Ĕрхи сĕртме туса кĕрахи ирттертĕмĕр. Анчах нумай колхозсем хăйсем çĕре семçетме, ÿсентăрана удобрени пама йышăннă плансене пурнăçламарĕç.

Халĕ—кĕрхи сĕртмепе хура сĕртме тумалли вăхăт. Килес çул акмалли çĕр лаптăкне удобренисем кыкса сухаласа хăвармалла. Çавăнпа пĕрлех кĕрхи тырăсен калчисем, нумай çул ÿсекен курăксем пуссисем çине удобренисем сапас пулать.

Тырпул пухса кĕртнĕ тата хатĕрлев ĕçĕсене тунă вăхăтрах, артель ĕçне организацилеме пĕлекен председательсем, тырпул тухăçлăхĕшĕн кĕрешсе, удобренисемпе тĕрĕс усă кураççĕ, вĕсене вăхăтра илсе тăраççĕ.

Сăмахран, чугун çул станцийĕсем çывăхĕнче вырнаçнă хатĕрлев пункчĕсене тырă леçсе панă вăхăтра мĕншĕн-ха удобренисем турттарса килмелле мар? Удобренисене нумай вăхăт хушши турттармасăр усăсăр вырттарнине пĕтермелле, вĕсем колхозсен уй-хирĕсенче кирлĕ.

П. МЕРЕСКИН,
агроном.

* * *

Ялхуçалăх снабженин Йĕпреçри склачĕсенче темиçе çĕр тонна удобрени выртать. Склада хума вырăн çук пирки, кунта халĕ 80 тонна фосфорит çăнăхĕ, 60 тонна кали тăварĕ, 70 тонна пĕрчĕлетнĕ суперфосфат чугун çул линийĕ хĕрринчех юхăнса выртаççĕ.

Колхоз председателĕсене удобренисене вăхăтра илсе каймалли çинчен темиçе хут та пĕлтернĕ. Çапах та «Новая жизнь», «Гвардеец», «Красный фронтовик», Молотов ячĕпе, Калинин ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан тата районти ытти хăшпĕр колхозсем те удобренисене вăхăтра турттармарĕç, çавна пула сĕртме уйне минераллă удобренисем сахал хыврĕç, удобренисем станцинчи складсенчех выртса юлчĕç. Çак асăннă колхозсенчен куллен вуншар лавсемпе автомашинăсем Йĕпреçе тырă памă пыраççĕ, анчах вĕсем яланах каялла пушă каяççĕ.

Çавăн пекех Первомайски районĕнчи колхозсем те хăйсем ыйтнипе илсе килтернĕ удобренисене вăхăтра илсе кайма тăрăшмаççĕ. Сăмахран, «Красная поляна» колхоз удобрени илме укçа куçарни часах çулталăк çитет ĕнтĕ. Вăл ыйтнипе илсе килнĕ 100 тонна удобрени çуркуннеренпех чугун çул станцийĕнче выртать. Унпала кăçал усă курмалла пулнă, анчах колхоз председателĕ удобренисене усăсăр вырттарать.

И. ТИХОНОВ.

## Санитари правилисене пурнăçласа пымалла

Профилактикăлла ĕçсен пĕлтерĕшĕ пысăк. Ĕçсынисене чир-чĕртен сыхланма вĕрентни тĕрлĕ чирсем сарăлассине сирсе яма май парать. Кунпа пĕрлех, халăха санитари правилисене пурнăçласа пыма хăнăхтарас пулать. Çак ĕçе лайăх йĕркелени те халăх сывлăхне упрама нумай пулăшать.

Анчах Шупашкарта санитари правилисене пурнăçласа пырас ĕç япăх тăрать. Хулара апат-çимĕç предприятийĕсенче, коммунальнăй çуртсемпе ведомствăсен çурчĕсен таврашĕсенче тасамарлăх нумай.

Коммунальнăй хуçалăх пайĕн Карл Маркс тата Урицки урамĕсенчи çуртсен картишĕсене таса тытса усрамаççĕ. Чебоксарка çырмин икĕ енĕпе тĕрлĕ тасамарлăхсем нумай тăкаççĕ. Республика прокуратури çурчĕ таврашĕнче, тир-сăран комбиначĕн картишĕнче тем тĕрлĕ ăпăр-тапăр выртать, столовăйсемпе магазинсем (16-мĕш чайнăй, 1-мĕш магазин) картишĕсенче таса мар шыва тĕрлĕ çĕре тăкаççĕ, шăмăсем, çĕрулми хупписем, ещĕксем купаланса выртаççĕ.

Пир-авăр комбиначĕн территорийĕнче таса мар шыва тата апат-çимĕç юлашкисене тăкмалли шăтăксем туман, хăшпĕр çуртсем патĕнче çавăн пек шăтăксем тунă, анчах вĕсене те ăшăх чавнă. Çавăнпа та ку шăтăксене тăкнă пĕтĕм тасамарлăх çырмасалла юхса сарăлса выртать.

Сосновски поселок территорийĕнче санитари енĕпе ĕçсем уйрăмах начар. Пурăнакан çуртсенчен чылайăшĕ—завеппа электростанции. Ку организацисен ассенизаци обозĕсем çук. Тасамарлăха инçете вайса тăкмаççĕ, çывăхрах хăйăр ăшне чавса хураççĕ. Çÿп-çапсене те хăйăрпа кăна витеççĕ.

Предприятисемпе учрежденисен руководителĕсем санитари ыйтăвĕпе лайăх ĕçлесен, укçа-тенкĕ сахал расходланнипех çурт таврашĕсене, картишсене таса тытма пулать. Тасамарлăхсем пухмалли шăтăксене вăхăтра тасатса тăмалла. Ăпăр-тапăра тата апат-çимĕç юлашкисене тĕрлĕ вырăна пăрахма чармалла.

Санитари врачĕсем: А. ТЫЛЮДИНА,
Н. ЛУППОВА,
А. МОИСЕЕВ.

## Парти райкомĕн ялхуçалăх пайĕ

КПСС райкомĕн ялхуçалăх пайĕ партин аслăрах органĕсем тата партин районти комитечĕ йышăннă решенисем тăрăх, вĕсем кăтартса панисене шута илсе ĕçлет. Ялхуçалăх пайĕн районта ялхуçалăхне вăйлатса пырас, колхозсене организаципе хуçалăх енчен малалла çирĕплетес тĕллешпе, ялхуçалăх культурисен тухăçне ÿстерес тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас тĕллешпе çĕнĕ задачăсене татса памалла.

Ялхуçалăх пайĕн ĕçĕнче кадрсене тĕрĕс суйласа илесси тата йышăннă решенисене пурнăçа кĕртиине тĕрĕслесси тĕп вырăнта тăрать.

Паллă ĕнтĕ, кадрсене тĕрĕс суйласа илсе воспитани памасăр ĕçре çитĕнÿсем тума май çук. Çавăнпа колхоз председателĕсене, ертсе пыракан ытти работниксене—бригадирсене, ферма заведующийĕсене, çавнашкалах тата машина-трактор станцийĕсенче ĕçлекенсене суйласа илес ĕç çине тимлĕ пăхмалла. Çак ĕçсене партипе государство ĕçĕшĕн чĕререн тăрăшакан, ялхуçалăх производствине пĕлекен тата ертсе пыма пултаракан çынсене уйăрса лартмалла. Ялхуçалăхĕнчи ертсе пыракан кадрсене яланах воспитани парса пымалла, вĕсене вĕрентмелле. Анчах пирĕн колхозĕсенче ертсе пыракан работниксене вĕрентсе воспитани парас тĕллешпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ-ха, вĕсемпе семинарсем сайра ирттереççĕ, вĕсен ĕçне сахал тĕрĕслеççĕ, çавна пула хăшпĕр работниксем, ответлăха туйми пулса, хушнă ĕçе япăхтарса яраççĕ. Сăмахран, Улатăр, Сĕнтĕрвăрри, Элĕк районĕсенче колхоз председателĕсене тата ертсе пыракан ытти работниксене суйласа илсе воспитани парас ĕç йĕркеллĕ пулса пымасть.

Улатăр районĕнчи «Красная звезда», Калинин ячĕпе тăракан тата «Зара» колхозсем нумай вăхăт хушши юсаса пынă. Çак колхозсен председателĕсем ĕçе япăхтарса янă, ĕçкĕпе ашкăннă, колхозниксем хушшинче вĕсен авторитет пулман. КПСС Улатăр райкомĕ «Красная звезда» колхозра председатель пулма Ахантьев юлташа суйлама сĕннĕ. Анчах вăл председатель пулса ĕçленĕ хушăра ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснă, колхоз укçи-тенкине салатса янă. Акă тепĕр тĕслĕх. Калинин ячĕпе тăракан колхоз председательне Горбатов юлташа 1951 çулта ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснăшăн ĕçрен кăларнă пулнă. Анчах КПСС Улатăр райкомĕ 1952 çулта ăна тепĕр хут колхоз председательне суйлама сĕннĕ. Горбатов вара кĕске вăхăт хушшинчех колхоза юхăнтарса янă, 1953 çул пуçламăшĕнче ăна ĕçрен кăларма тивнĕ.

Колхоз председателĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пулсан та, Улатăр райкомĕ колхоз председателĕсене вĕрентсе воспитани парас ĕçе начар организацилене, райком колхоз председателĕсен ялан ĕçлекен семинарĕсен занятийĕсене сайра ирттерет.

Ялхуçалăх пайĕсен колхоз председателĕсен тата ертсе пыракан ытти работниксен ялан ĕçлекен семинарĕсене организацилес ыйту çине тимлĕрех пăхмалла, çав семинарсенче артель хуçалăхне ертсе пырас ыйтусене, çĕрĕç культурине ÿстерес, обществăлла выльăх-чĕрлĕхрен ытларах продуктсем илес ыйтусене пăхса тухмалла.

Партин аслăрах органĕсем тата КПСС райкомĕ йышăнакан решенисене тивĕçлĕ пурнăçласа пыманни, çав решенисене пурнăçа кĕртиине тĕрĕслеменни КПСС райкомĕсен ялхуçалăх пайĕсен чи пысăк çитменлĕхĕ пулса тăрать. Хĕрлĕ Чутай, Октябрьски районĕсенче ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх нумай решенисем йышăнаççĕ, анчах вĕсене пурнăçа кĕртес тесе сахал тăрăшаççĕ. Ялхуçалăх пайĕсен йышăннă решенисене пурнăçа кĕртиине тĕрĕслес ĕçе пур майсемпе те вăйлатса пымалла, мĕншĕн тесен ялхуçалăх пайĕн ĕçне йышăннă решенисен шучĕ тăрăх мар, çав решенисене пурнăçа кĕртни тăрăх хаклассĕ. Çавăнпа та ялхуçалăх пайĕнче ĕçлекенсен партин аслăрах органĕсем тата КПСС райкомĕ йышăннă решенисене пурнăçа кĕртсе пырас тĕллешпе ытларах ĕçлемелле.

КПСС райкомĕн ялхуçалăх пайĕнче ĕçлекенсен партипе правительство ялхуçалăхĕ тĕллешпе тытса пыракан политикăна яланах колхозниксене ăнлантарса парса, çав политикăна пурнăçа кĕртсе пымалла. СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисенче тата Совет правительствин пуçлăхĕ Г. М. Маленков юлташ çак сессире каланă сăмахра ялхуçалăхне малалла çĕклес тата колхозсене организаципе хуçалăх енчен çирĕплетес тĕллешпе чылай ĕçсем туса ирттерме палăртнă. Партипе правительство çакăн пек задача лартрĕç: икĕ-виçĕ çул хушшинче халăха апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем парса тăрассине нумай ÿстермелле. Çак задачăна пурнăçа кĕртме чи малтан ялхуçалăхне малалла аталантарса вăйлатас пулать.

Кая юлса пыракан колхозсенче ялхуçалăхĕ япăхса кайнине кĕске срокра пĕтермелле, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе татăклăнах лайăхлатмалла, çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕç юлса пынине пĕтермелле, тĕштырă туса илес ĕçе малалла хăвăрт ÿстерсе пымалла.

КПСС райкомĕсен ялхуçалăх пайĕсен колхозсене, МТС-сене тата ялхуçалăх специалисчĕсене çак задачăсене пурнăçа кĕртме мобилизацилемелле, вĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерсе пымалла. Ялхуçалăхĕ умне çĕнĕ задачăсем тухса тăнă май ялхуçалăх специалисчĕсен ролĕ уйрăмах ÿсрĕ, çавăнпа та ялхуçалăх специалисчĕсемпе ĕçлесси пысăк ĕç пулать.

Парти райкомĕн ялхуçалăх пайĕ умĕнче тăракан пысăк ыйтусенчен пĕри пĕх колхозсенчи, совхозсенчи, МТС-сенчи пуçламăш парторганизацисене ĕçре пулăшасси пулса тăрать. Советски, Октябрьски, Кувакино райкомĕсем колхозсемпе МТС-сенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçне начар ертсе пыраççĕ, парти ĕçне организацилес тĕллешпе вĕсене кирлĕ пулăшу памаççĕ. Ялхуçалăх пайĕсен партии, профсоюз тата комсомол организацийĕсен пайĕпе пĕрле колхозсемпе МТС-сенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăмалла, вĕсене ĕçре пулăшу памалла. Партин пуçламăш организацийĕсене коммунистсен пухăвĕнче сÿтсе явма колхоз, совхоз, МТС пурнăçĕнчи чи кирлĕ ыйтусене вăхăтра кăтартса памалла, вĕсене ĕç планĕ тума, колхоз правленийĕн, МТС тата совхоз дирекцийĕн ĕçне контроль тăвас правăна пурнăçа кĕртме пулăшмалла. Партин пуçламăш организацийĕсене коммунистсемпе комсомолецсене чи кирлĕ участоксем тăрăх тĕрĕс вырнаçтарса тухма, производствăра коммунистсен рольне ÿстерме пулăшас пулать.

КПСС райкомĕн ялхуçалăх пайĕн ĕçĕнче ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем хушшинче социализмла ăмăрту организацилес ыйту пысăк вырăнта тăма тивĕçлĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕллешпе кăтартса панă аслă задачăсем колхозниксемпе колхозницăсем, механизаторсем, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем хушшинче социализмла ăмăртăва анлăн сарса яма тата ăмăртăва куллен ертсе пыма хушаççĕ.

Ăмăрту организацилес ĕçри формализма пĕтермелле, виçĕ республика ăмăртăвĕнче чăннипех мала тухассишĕн кĕрешмелле. Ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем хушшинче социализмла ăмăрту халĕ çак задачăсем тавра сарăлса пымалла: тырпула тăкаласăр пуçтарса кĕртмелле, колхозсемпе совхозсенче лайăх вăрлăх хатĕрлесе хăвармалла, государствăна тырпул тата ытти продуктсем срокчен парса татмалла, выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлемелле, кĕрхи тырăсен акас тата кĕрхи сĕртме тăвас ĕçсене чи лайăх срокĕсенче, агротехника çинчи пысăк пахалăхпа туса ирттермелле.

Паллах ĕнтĕ, ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерме, выльăх-чĕрлĕхрен ытларах продуктсем илме машина-трактор станцийĕсен ĕçне лайăхлатас пулать, мĕншĕн тесен вĕсем колхоз производствинче пысăк вырăнта тăраççĕ. Сĕнтĕрвăрринчи, Хĕрлĕ Чутайри, Сĕрпÿри, Вăрмарти, Калининори, Етĕрнери, Сĕмĕрлери машина-трактор станцийĕсем иртнĕ çул трактор ĕçĕсен планне тултараймарĕç, кăçал та вĕсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Малашне çак çитменлĕхе пĕтерсе пырас пулать. Çавăнпа та КПСС райкомĕсен ялхуçалăх пайĕсен МТС-сен ĕçне лайăхлатас тĕллешпе уйрăмах тăрăшмалла. МТС дирекцийĕпе парти организацине техникăпа тухăçлăрах усă курма, механизаторсен кадрĕсене хатĕрлесе ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухма пулăшмалла, МТС енчен те, колхозсем енчен те хăйсем çине илнĕ обязательствăсене вăхăтра пурнăçласа пынине куллен тĕрĕслесе тăмалла, ялхуçалăх ĕçĕсене, уйрăмах выльăх-чĕрлĕхе пăхса усрас ĕçе ытларах механизацилемелле.

Колхозсенче ялхуçалăх Уставне тĕрĕс пурнăçласа пырас, дисциплинăна çирĕплетес, колхозсенче агрономи наукипе практика тунă çитĕнÿсемпе усă курас, колхоз кадрĕсен агрозоотехника вĕренĕвне организацилес, колхозсен хуçалăхне пур енĕпе те аталантарас ыйтусем ялхуçалăх пайĕсен ĕçĕнче пысăк вырăн йышăнма тивĕçлĕ.

Парти райкомĕн ялхуçалăх пайĕн ĕçĕ пысăк та нумай тĕрлĕ. Çав ĕçсене ăнăçлă туса пыма вĕсен ялхуçалăх наукине çителĕклĕ пĕлмелле, хăйсен идейăпа теорилле пĕлĕвĕсене ÿстерес тĕллешпе куллен ĕçлемелле тата ĕç меслечĕсемпе лайăхлатса пымалла. Çапла тусан кăна вĕсем ялхуçалăхне пĕлсе ертсе пыма пултараççĕ.

КПСС райкомĕсен ялхуçалăх пайĕсен райсовет исполкомĕсен ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ тума тивĕçлĕ ĕçсене хăйсем çине илмелле мар, мĕнпур ĕçе вĕсемпе тачă çыхăнуса тытса, вĕсен урлă туса пымалла.

А. ШОРНИКОВ,
КПСС Чăваш обкомĕн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕн заместителĕ.

# Республика уй-хирĕсенче

## ХИСЕП ХĂМИ

**Райисполкомсемпе КПСС райкомĕсем тăратнă тăрăх, тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçленĕшĕн тата государствăна тырă памалли обязательствăсене срокчен пурнăçланăшăн Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çак колхозсемпе совхозсене республикăри Хисеп хăми çине кĕртме йышăнчĕ:**

**ПЕРВОМАЙСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

27. «Правда» колхоз (председателĕ В. К. Кадыков юлташ, парторганизаци секретарĕ Е. Т. Казаков юлташ).

28. «Красная поляна» колхоз (председателĕ И. М. Степанов юлташ, парторганизаци секретарĕ В. В. Муллин юлташ).

## Механизаторсен ăмăртăвĕ

ЕЛЧĔК. МТС-ри А. Мякинин юлташ ертсе пыракан 11-мĕш трактор бригадине Мичурин ячĕпе тăракан колхоз сумне çирĕплетнĕ. Çак бригадăри механизаторсем кăçалхи ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçлессишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ.

Механизаторсем хушшинчи ăмăртура А. Павлов комбайнер тата А. Никифоров тракторист малти ретре пыраççĕ. Асăннă механизаторсем хăйсене çирĕплетсе панă машинăсемпе тухăçлăн ĕçлеççĕ.

А. Павлов комбайнер «С-4» комбайнпа кăçалхи сезонта 300 гектар тырпул вырса пухма обязательство илнĕ, вăл 350 гектар ытла вырса пухрĕ.

Çавăн пекех А. Никифоров тракторист та лайăх ĕçлет. Вăл кăçалхи çул тракторпа ĕçлемелли ĕç планне тахçанах тултарнă. А. Никифоров юлташ колхоза 300 гектар ытла кĕрхи тырăсем акса пачĕ. Çак шутран 130 гектарне хĕреслĕ майпа акнă. Халĕ ситес çулхи вăйлă тырпула никĕсне хывас ĕçре—кĕрхи сĕртме тунă çĕрте ĕçлет. Ку ĕçре кулленхи задание 150—200 процент тултарса пырать.

«МК-1100» молотилка çинче Д. Петровна Ф. Курчин машинистсем ĕçлеççĕ. Вĕсем сменăра 15—20 тонна тырă çапаççĕ.

Механизаторсем пулăшнипе пирĕн колхоз 660 гектар ыраша августăн 21-мĕшĕ тĕлне акса пĕтерчĕ. Государствăна тырă памалли графика та иртерсе тултарса пырать. Колхоз ĕçченĕсем сентябрĕн 5-мĕшĕ тĕлне государствăна тырă памалли плана тултарасшăн кĕрешеççĕ.

**В. НАУМОВ,**
Колхозри партбюро секретарĕн заместителĕ.

## Висĕ республика ăмăртăвĕ

**Колхозсемпе МТС-сем ялхуçалăх ĕçĕсен планне сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарнă (процентпа)**

| | Мордва АССР-ĕ | Мари АССР-ĕ | Чăваш АССР-ĕ |
|---|---|---|---|
| Кĕрхи тырăсем тата çуртрисем пухса кĕртнĕ | 88,7 | 89,3 | 97,1 |
| Вăл шутран комбайнсемпе | 78,6 | 72,0 | 76,8 |
| Капана хывнă | 85,5 | 76,5 | 85,5 |
| Авăн çапнă (комбайнпа вырса çапнине пĕрле) | 84,7 | 54,8 | 55,8 |
| Йĕтĕн татнă | — | 86,8 | 65,1 |
| Кантăр татнă | — | — | 14,1 |
| Вăрлăхлăх хăварнă нумай çул ÿсекен курăксем çулса пухнă | 49,6 | 36,2 | 48,1 |
| Силослăх культурăсене çулса пухнă | 67,6 | 65,7 | 93,4 |
| Силос хывнă | 49,9 | 47,2 | 47,4 |
| Кĕрхи тырăсем акнă | 97,0 | 100,4 | 99,8 |
| Кĕрхи сĕртме сухи тунă | 18,8 | 16,0 | 15,6 |
| Вăрлăх фончĕ хывнă | 67,9 | 47,1 | 49,6 |
| Тракторсемпе тумалли ĕçсен çулталăкри планне тултарнă | 71,3 | 68,7 | 71,0 |
| Государствăна тырă памалли 1953 çулхи плана тултарнă | 2-мĕш вырăн | 3-мĕш вырăн | 1-мĕш вырăн |

## Государствăна—тырă

ЕЛЧĔК. «Трактор» колхоз районта пуринчен малтан государствăна тырă памалли плана пурнăçларĕ.

Суртрисене (вирĕр пуçне) августăн 24-мĕшĕ тĕлне вырса пĕтернĕ. Халĕ колхозниксем авăн çапаççĕ.

**Г. АЛТЫНОВ.**

ЙĔПРЕÇ. «Заря» колхоз членĕсем государствăна тырă памалли плана иртнĕ çулхинчен пĕр уйăх малтан тултарчĕç.

**И. ТИХОНОВ.**

## Ленин орденлĕ колхозра

Вăрнар МТС-ĕн Социализмла Ĕç Геройĕ И. Т. Прокьин юлташ ертсе пыракан трактор бригадинчи механизаторсем Больцовкăри Сталин ячĕпе тăракан колхозра кĕрхи тырăсене вăхăтра акса пĕтерчĕç. Вĕсем августăн 25-мĕшĕнче кĕрхи сĕртме тума тытăнчĕç. Трактористсем пурте сменăри нормăна ытлашшипех тултарса сухалаççĕ.

Тракторист-орденоносецсем Ф. Якимовпа И. Доманин «ДТ-54» тракторпа 30—34 сантиметр тарăнăш, кашни сменăра 9—10 гектар сухалаççĕ.

* * *

Колхоз кăçал çĕрулми пурĕ 250 гектар, вăл шутра сĕртме пуçсинче—208 гектар лартса ÿстерчĕ. Сĕртме пуçсинчи çĕрулмине вăхăтра кăларнă.

Социализмла Ĕç Геройĕсем А. Ашанинпа П. Пупин ертсе пыракан бригадăсем кĕркунне кăлармалли çĕрулмине кăларса государствăна пама пуçларĕç. Çĕрулми тухăçлăхĕ планпа палăртнинчен нумай пысăкрах. Ку таранччен кăларнă лаптăкра гектар пуçне 220 центнертан кая тухни çук. Колхозăн кăçал 50 пин центнер çĕрулми пулать.

* * *

Кăçал колхозăн пахча çимĕçсем вăйлă пулнă. П. А. Гусев ертсе пыракан бригада членĕсем кашни гектартан 160 центнер хăяр, 200 центнер ытларах ир ситĕнекен купăста пухса кĕртрĕç. Каярах пуçса ситĕнекен купăста та пысăк тухăçлă пулать. Колхоз государствăна пахча çимĕçсем памалли плана тултарчĕ. Халĕ колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх пахча çимĕçсем валеçеççĕ. Обществăлла пахчара туса ÿстернĕ çимĕçсене кашни ĕçкунĕ пуçне 3 килограмран кая мар параççĕ.

**Н. ЛЕОНИДОВ.**

## Хăмла татаççĕ

СĔНТĔРВĂРРИ. Иртнĕ çулта «Молния» колхоз хăмла сутса 62 пин тенкĕ ытла укçа тата 150 центнер тулă илнĕччĕ. Кăçал 6 гектар çинчи хăмларан, тата пысăкрах тупăш илме палăртнă. Хăмла тухăçлăхне хăпартма агротехникăлла ĕçсене пурне те тунă. Хăмла вырăнне çулла икĕ хутчен кăпкалатнă, сумкурăксенчен тасатнă, ретсем çине минераллă тата вырăнти удобренисем хывнă. Çав ĕçсене тунине пула хăмла кăçал кашни гектартан 12-шер центнертан кая мар тухасси паларать.

Колхоз хăмла пухса кĕртме хатĕрленсе ситнĕ. Хăмла типĕтме сушилка хатĕр, татнă хыççăн турттарма 23 шăналăк тата михĕсем туяннă. Хăмла турттарма лашасем сителĕклĕ уйăрса панă. Хăмла эвенине хăмла татнă вăхăтра колхозри ытти бригадăсенчен те вăхăтлăха колхозниксем уйăрса параççĕ. Çапла хăмлана кĕске вăхăт хушшинче татса пуçтараççĕ.

**П. ГЕРАСИМОВ.**

# Канаш хулинчи шкулсене пулăшу кирлĕ

Партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе хавхаланса, Канашри учительсем çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас тĕллевпе тăрăшса ĕçлеççĕ.

Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче хулари шкулсенчи нумай учительсем ачасене лайăх вĕрентсе кăларчĕç. Вĕсем вĕрентнĕ ачасем тарăн та çирĕп пĕлÿсем илчĕç. Акă пĕр тĕслĕх: 29-мĕш номерлĕ вăтам шкултан вĕренсе тухнă 31 çынтан 30-шĕ аслă шкулсене вĕренме кĕмелли экзаменсене ăнăçлă тытнă, вĕсенчен 27-шĕ конкурс тăрăх вĕренме кĕнĕ.

Анчах çак пĕчĕк ситĕнÿсем хушшинче хуларн шкулсен ĕçĕнчи пысăк ситменлĕхсене курмасăр тăма çук. Учительсен августри канашлăвĕ хулари шкулсенче вĕренÿ ĕçĕ япăх пулса пынине кăтартса пачĕ. Çакна 680 вĕренекене пĕр класра икĕ çул вĕренме хăварнинчен те лайăх курма пулать. Пĕр класра икĕ çул ларакансен хисепĕ чакас вырăнне ÿснĕ пулнă. Хăшпĕр учительсем вĕренекенсен пĕлÿне хаклавă чухне пахалăхсене юриех ÿстерсе лартаççĕ, çавăнпа ачасене чăн-чăн çирĕп пĕлÿсем илме хăйсем чăрмантараççĕ.

Учительсен августри канашлăвĕнче 13-мĕш номерлĕ вăтам шкул преподавательници М. Д. Федотьева çапла каларĕ:

— Эпир ачасенчен материала тĕплĕн ыйтса, вĕсене çирĕп пĕлÿ параймастпăр, çавна пула пирĕн шкултан вĕренсе тухнă хăшпĕр ачасем аслă шкулсене вĕренме кĕме пултараймарĕç.

1-мĕш номерлĕ вăтам шкулта вырăс чĕлхипе экзамента сырнă ĕçсене пăхса тухса, вăл пиллĕкмĕш классенче иртермелли инструкцие пăсни палăртрĕ: сыру ĕçĕсем иртермелли план пиллĕкмĕш классенче пуринче те пĕр пек пулнă. Çак классен учительницисем—Масловăпа Ласточкина юлташсем, вĕренекенсем сырнă ĕçсенчи стилистикăлла тата пунктуацилле йăнăшсене юриех тÿрлетмен, çапла майпа ĕçе хаклакан паллăна ÿстерсе лартнă. Çак шкулти VIII-мĕш классен учительници Иванова юлташ стилистикăлла йăнăшсем нумай тунă ĕçсене, вĕсем вĕренекен ачасем материала начар пĕлнине кăтартса параççĕ пулин те, лайăх паллăсем лартса панă.

Предметсене вĕрентес ĕçре формализма пĕтермен-ха. Хăшпĕр учительсем вĕренÿ пособийĕсемпе сителĕксĕр усă кураççĕ, çавна пула вĕренекенсем материала тĕплĕн ăнланмасăрах иртерсе яраççĕ. Сăмахран, 1-мĕш номерлĕ вăтам шкулти 9-мĕш «А» класри (учителĕ М. И. Ильин) хăшпĕр вĕренекенсем картăпа çинче союзлă республикăсене кăтартма та пĕлмеççĕ.

Шкулсенче политехникăлла вĕренÿ япăх пурнăçланать. Ахальтен мар ĕнтĕ учительсен институтри преподавательница Ревзина юлташ учительсен августри канашлăвĕнче «Шкулти политехникăлла вĕрентĕвĕн малтанхи утăмĕсем» темăпа доклад туса, çак ыйтăва теори енчен çеç сутатса пачĕ, ăна вăл хулари шкулсен пурнăçĕнчи тĕслĕхсемпе çирĕплетеймерĕ.

Шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ япăх пыни хулари сутĕç пайĕн работникĕсемпе шкул директорĕсем учительсен ĕçне вăхăтра тĕрĕслесе тăманнинчен, вĕсене пулăшса пыманнинчен нумай килет. Учительсен методикăлла пĕрлешĕвĕсем хут çинче кăна шутланса тăраççĕ. Хулара шу тарана ситсе те педагогика кабинечĕ çук. Малта пыракан учительсен вĕренÿ ĕçĕнчи паха опычĕсене сÿтсе явмаççĕ, ытти учительсене вĕсем пек ĕçлеме вĕрентмеççĕ. Учительски институтра унăн уйрăм кафедрисĕм хулари шкулсемпе сыхăнса ĕçлемеççĕ, учительсене методикăлла пулăшу памаççĕ. Нумай учительсем ачасене вĕрентсе воспитани парас ĕçталăха сĕнетсе пымаççĕ, хăйсен пĕлĕвĕсене ÿстермеççĕ, тахçан илнĕ пĕлÿсемпе лăпланса параççĕ.

Учительсем вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсемпе сыхăнса ĕçлемении те вĕренÿ ĕçне нумай чăрмантарать. Канашра педагогикăлла пĕлÿсене халăх хушшине сарас ĕçе пачах маннă. Ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе сыхăну тытманнине пула, хăшпĕр учительсем ачасем мĕншĕн начар вĕреннине тĕплĕн пĕлме, вĕсене пулăшу парассишĕн тăрăшмаççĕ.

Уйрăм ачасен ашшĕ-амăшĕсем хăйсен ачисене вĕрентсе воспитани парас ĕçре ответлă пулса тăнине туймаççĕ. Акă пĕр тĕслĕх.

1-мĕш номерлĕ вăтам шкулта VIII-мĕш класра вĕренекен Галина Разумовăна çав класрах икĕ çул вĕренме хăварнă пулнă. Çакă вăл мĕнрен килнĕ-ха? Хĕрачан çемьери пурнăçĕ йĕркеллĕ пулман. Юлашкинчен ăна тăван мар амăшĕ килĕнчен те хăваласа кăларса янă. Хĕрача ашшĕ Разумов — коммунист, кирпĕч заводĕн директорĕ пулса ĕçлет. Çакна шута илсе, шкул дирекцийĕ КПСС Канаш райкомĕн секретарĕнчен Чернов юлташран хĕрачан пурнăçне çăмăллатас шутпа пулăшу ыйтнă. Анчах Чернов юлташ ыйтăва тĕплĕн татса парасси çинчен шутламасăрах çапла ответленĕ: «Разумов хăйĕн хĕрне воспитани парассинчен пăрăнмасть». Тĕлĕнмелле кун пек воспитани...

Шкул ĕçĕнчи ситменлĕхсемшĕн хулари сутĕç пайĕ те айăплă, мĕншĕн тесен вăл шкул директорĕсен ĕçне тĕрĕслесе тămасть, вĕсене пулăшмасть. Ахальтен мар ĕнтĕ, уйрăм шкулсенче халĕ те учительсем ситмеççĕ, учебниксем сителĕклĕ туянман, химипе физика кабинечĕсем валли приборсемпе оборудовани пачах та илсе килмен.

Шкулсенчи парти организацийĕсен вĕрентÿпе воспитани ĕçĕнчи ситменлĕхсене халĕ те палăрсах кайместь-ха. Хăшпĕр учитель-коммунистсем партире тăман учительсене паха тĕслĕх кăтартса параймаççĕ. Хулари шкулсенче самокритика, уйрăмах аялтан килекен критика тивĕçлипе сарăлман. Учительсем пĕр-пĕрин ситменлĕхĕсемпе йăнăшĕсене уççăн критиклес вырăнне, пĕр-пĕрипе хирĕçсе пурăнаççĕ е пĕр-пĕрин çинчен кирлĕ-кирлĕ мар жалобăсем çыраççĕ. Çакă вăл вĕрентÿпе воспитани ĕçне килĕшÿллĕн туса пыма çав тери чăрмантарать. Учительсене идейăлла-политикăлла воспитани парас ĕçре те пысăк ситменлĕхсем пур. Çавна пула хăшпĕр учительсем обществăлла ĕçе хутшăнмаççĕ, обывательсем пулса тăраççĕ. Сăмахран, акă, 2-мĕш номерлĕ вăтам шкул учительници пулнă Г. А. Николаева мораль енчен пĕтĕмĕшпех пăсăлса кайнине пĕр çавăнпа çеç ăнлантарса пама пулать.

Çак ĕçсем çинчен КПСС хула комитечĕпе унăн пропагандăпа агитаци пайĕнче лайăх пĕлеççĕ. Апла пулин те, шкулсенчи парти организацийĕсен ĕçне лайăхлатма тата учительсен идейăлла-политикăлла шайне ÿстерме татăклă мерăсем йышăнмаççĕ. Хула Совечĕн исполкомĕпе сутĕç пайĕ хулари шкулсен ĕçĕпе тĕплĕн интересленмеççĕ, çамрăк ăрăва воспитани парас ĕçри ответлăха туймаççĕ. КПСС хула комитечĕ вара вĕсен ситменлĕхĕсене курман-илтмен пек пулса тăрать. Августри канашлура тухса калакан учительсем Чăваш АССР Сутĕç министерствине те тивĕçлипе хытă критиклерĕç. Чăннипе илсен, министерство Канашри шкулсен ĕçне начар ертсе пырать-ха. Çакна ăна Сутĕç министерстви учительсен августри канашлăвне хăйĕн представительне ямании те лайăх кăтартса парать. Анчах представитель яма чăнниех те кирлĕ пулнă-мĕн! Акă мĕн каласа хăварчĕç учительсем:

— Сутĕç министерстви, — терĕ çамрăк рабочисен 1-мĕш номерлĕ вăтам шкул директорĕ Иванов юлташ, — аялтан килекен критикăна шута илмест, шкулсен ыйтăвĕсем çине пачах ответлемест. Министерство тăрăшнă пулсан, çамрăк рабочисене вĕрентмелли шкул çуртне тахçанах туса пĕтернĕ пулĕччĕç.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ совет шкулĕсем умне пысăк задачăсем лартрĕ. Канашри учительсем Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви кăтартса панисене пурнăçа кĕртме, хулари шкулсенчи вĕрентÿпе воспитани ĕçне тĕпренех лайăхлатма хатĕр тăраççĕ. Анчах çакна тума Сутĕç Министерствин вĕсене куллен пулăшса пымалла.

**В. КАШИН,**
«Сталинский путь» хаçат редакторĕ.

## Занятисем йĕркеллĕ пуçланчĕç

Куславкка районĕнчи сутĕç пайĕн заведующийĕ К. Меркушев юлташ сентябрĕн 1-мĕшĕнче пирĕн корреспондента çапла каласа панă:

— Революциччен районта мĕн пурĕ те пĕр пине яхăн ача çеç вĕреннĕ. Совет влаçĕ çулĕсенче районти шкулсен хисепĕ икĕ хут, вĕренекенсен йышĕ 6 хут ÿсрĕ. Халĕ Куславкка посёлокĕнче кăна 3 вăтам шкул, районта пурĕ 6 вăтам шкул ĕçлет. Суртсем тăвакан заводри çамрăксем, производствăран уйрăлмасăр, хăйсен вăтам шкулĕнче вĕренеççĕ. Кăçал çамрăк рабочисен шкулне вĕренме кĕме 150 çын, пĕлтĕрхинчен виçĕ хут нумайрах заявленисем панă.

Учительсен кадрĕсене илсе пăхсан та пысăк улшăнусем курма пулать. Халĕ районти учительсен хисепĕ революцичченхинчен 15 хут нумайрах. Кăçалхи вĕренÿ çулĕнче ĕçлекен 365 учительтен 239 учитель аслă пĕлÿ илнĕ. Районти шкулсенче РСФСР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ А. Некрасов, Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕсемпе учительницисем В. Захаров, А. Золотова, А. Иванова, Е. Николаева, М. Трубина юлташсем ĕçлеççĕ.

Вĕренме сул ситнĕ ачасене пурне те шкула сĕретесси—пирĕн пысăк задача. Эпир çак вĕренÿ çулĕнче шкула сĕреме тивĕçлĕ ачасене пĕтĕмпех шута илсе тухнă. Çакă савăнтарать: кăçал пĕррĕмĕш классенче вĕренекенсен йышĕ чылай ÿсрĕ. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче партăсем хушшине малтан 348 ача ларнă пулсан, кăçал вĕсен хисепĕ 520 ачана ситрĕ.

Районти чылай шкулсем çĕнĕ вĕренÿ çулне лайăх хатĕрленсе кĕтсе илчĕç. Ку енĕпе уйрăмах Куславккари 1-мĕш вăтам шкула, Карачри тата Елчĕкри вăтам шкулсене палăртмалла. Шкул çуртне юсама уйăрса панă укçа-тенкĕпе вĕсем пĕтĕмпех усă курнă. Кăçалтан пуçласа политехникăлла вĕрентĕве кусма лайăх майсем туса панă.

Пани районти шкулсенче вĕренÿ çулĕ йĕркеллĕ пуçланни çинчен калакан хыпарсем ситрĕç. Карачри, Елчĕкри вăтам шкулсенче, Ворошьери çичĕ çул вĕренмелли шкулта, Салари, Пăрăсри пуçламăш шкулсенче ачасем пурте занятие пынă.

# И. С. Тургенев

### (Вилнĕренпе 70 çул тултарнă май)

Вырăссен аслă писателĕ Иван Сергеевич Тургенев вăрăм ĕмĕр пурăннă. Пирĕн Тăван çĕршывăмăр историйĕнчи пысăк ĕçсем нумайăшĕ ун куçĕ умĕнче пулса пынă. Декабристсем восстани тунă вăхăтра вăл çичĕ çулхи ача пулнă пулсан, вăл вилнĕ çул «Освобождение труда» ятлă ушкăна—марксистсен пĕрремĕш организацине туса хунă. Хăй вăхăтĕнчи вырăссен пурнăçне тĕплĕн сăнаса пырса, Тургенев хĕрĕх çул хушши литературăра ĕçленĕ. Добролюбов калашле, вăл «обществăри çĕнĕ шухăш-кăмăлсене, çĕнĕ идейăсене çийĕнчех сиссе чухласа илнĕ те хăйĕн произведенийĕсенче чи кирлĕ, чи çивĕч ыйтусем çинчен... çăмăк пусласа янă...»

Тургенев творчестви пуринчен ытларах XIX-мĕш ĕмĕрĕн хĕрĕхмĕш, аллăмĕш çулĕсенче тата утмăлмĕш çулсен пуçламăшĕнче вăйланса ситнĕ. «Çав вăхăтра...,— тесе каланă В. И. Ленин,— обществăри пур ыйтусем те крепостной йĕркепе унăн юлашкийĕсене хирĕç кĕрешесси тавра пулса пынă». Чуралăх йĕркин асав шăлне Тургенев çамрăклах курнă. Вăл, дворянин çемйинче çуралса ÿснĕ çын, хăйĕн амăшĕн усадьбинче пулса иртнĕ ирсĕр те киревсĕр ĕçсене ача чухнех курнă. Вырăссен малта пыракан литературин произведенийĕсемпе — «Асапула иккех», «Евгений Онегин» ятлă произведенисемпе, Лермонтовăн питлекен сăввисемпе, Гоголь çырнă «Ревизор» тата «Вилĕ чунсем» ятлă произведенисемпе паллашни хыççăн Тургенева крепостничество пушшех те йĕрĕнтерсе ситернĕ. Писатель Белинскипе çывăх туслашса кайть. Ку вăл Тургеневшăн калама çук паха пулнă. Белинский Тургеневăн демократиллĕ сулăмакан кăмăлне тата ытларах хăпартса, çав туртăма çирĕплетет. Вăл Тургенева вырăс халăх пурнăçне чăн пурнăçри пек сăнласа пама кирли çинчен асăрхаттарать.

Ун чухне,— аса илнĕ Тургенев каярахпа,— эпĕ чи кураймаи тăшман «вăл—крепостной йĕркечĕ». Писатель унпа «вĕçне ситиех кĕрешме шутланă», «ĕмĕрне те парăнасшăн пулман». Çав кĕрешÿ валли вăл çивĕч хĕç шăрçатать—калавсем çырса, вĕсене «Сунарçă калавĕсем» тесе пичетлесе кăларать. «Сунарçă калавĕсенче» Тургенев тискер кайăк пек ирсĕр, çынлăхран тухнă ĕмĕтсĕр крепостниксене—зверковсене, стегуновсене, пеночкинсене тата ытти çавсен йышшисене пĕтĕмпех тăрă шыв çине кăларать. «Бурмистр», «Хăмла çырли шывĕ», «Контора» калавсенче вăл хăйсен тарçисене асаплантарса пурăнакан улпутсен, чуралăхри хресчексене çуса хăваракан кулакупраляющисен тискер сăн-сăпатне хăюллăн, пĕр пытармасăр сăнласа уçса парать. «Халиччен нихçан та улпут сурттĕнчи шалти пурнăçа çакăн пек пĕтĕм çын кулли туса, пĕтĕм çынна тарăхтармалла тата йĕрĕнтермелле сăнпа кăтартса паманччĕ»,— тесе çырнă Герцен çав «Сунарçă калавĕсем» çинчен. Николай Палкин правительстви те, патша хăй те «Сунарçă калавĕсене» пичетлесе кăларнăшăн çав тери тарăхнă. Пичетлеме ирĕк паракан цензора çавăнтах вырăнтан кăларса сирпĕтнĕ, Тургенева хăйне—арестленĕ те тепĕр çуллăха хăйĕн Орел кĕпĕрнинчи усадьбине ăсатнă.

Тургенев крепостниксене тăрă шыв çине кăларнă, çав вăхăтрах чуралăхра пурăнакан хресченсем çине ырă кăмăлпа, ăшă куçпа пăхнă, вĕсен сăн-сăпатне çутă сăрпа сăрласа кăтартнă. Япалана час тавçăрса илме пултаракан Хорь, çунатлă ĕмĕтлĕ те хавасла Касьян, хаяр, анчах çапла пулин те питĕ ырă чунлă Бирюк, талантлă юрăçă Якку—вулакансем çак çынсене кăмăлламасăр, юратмасăр тăма пултарайман. Тургенев уйрăмах хĕрарăм хĕрсен сăнне ытарма çук лайăх ÿкерсе панă. Ашшĕн та çепĕçĕн юратакан Акулина («Курнăçни» ятлă калав), хăйне-хăй шеллемен Матрена («Петр Петрович Каратаев»), Луkерия («Чĕрĕ виле»)—çавсем асран тухми сăнсем. Вĕсем мĕнле вăйлă пулнине пуринчен малтах асăрханнин Белинский пулнă. Вăл: Тургенев «халăхăн халиччен никам сутатман енĕсене сутатса пачĕ», тесе çырнă.

Тургенев таланчĕ ÿсĕнсĕмĕн ÿссе, аталанса пынă. Ку чăнах та çапла пулни Тургенев 1855—1876 çулсем хушшинче çырнă улттă романра питĕ лайăх курăнать. Çав романсенче ун чухнехи вырăссен пурнăçĕнчи чи кирлĕ ыйтусене кăларса тăратнă. «Рудинпа» «Дворянское гнездо» романсенче писатель дворян интеллигенчĕсене сăнласа кăтартнă. Патша саманинче крепостной йĕрке çав интеллигентсенчен нимĕн те тума пултарайман «ытлашши этемсем» туса хунă, вĕсем çав тери ĕçлесшĕн, кĕрешесшĕн, темĕн те тăвасшăн хыпăнса çунаççĕ, анчах та вĕсене «сăмахпа» «ĕç» хушшинчи килĕшÿ пулманни пĕтĕмпех хуплаcа, пĕтерсе пырать. Вĕсен пурнăçĕ асаплă та мĕскĕн пулнă. Малтанхи романĕсене çырнă чухнех Тургенев пысăк ĕслĕ та паттăр натурăсем шыраса тупма тăрăшнă. Çавăн пек çынсене вăл «Умĕнхи» («Накануне») ятлă романра сăнласа кăтартнă. «Умĕнхи» романа Россиăра революциллĕ юхăм вăйланма тытăннă вăхăтра çырнă. Романра кăтартнă геройсем—Инсаровпа Елена — хăйсен пурнăçне пĕтĕмпех болгар нацине ирĕке кăларас ĕçе панă. Çав романа Добролюбов питĕ пысăк хак парса, çав тери ăшшăн йышăннă. Добролюбов ку роман çинчен çырнă статья, Тургенев хăй хирĕç пулнă пулсан та, революцилле пропагандăн чаплă тĕслĕхĕ пулнă. В. И. Ленин каланă тăрăх, Тургенев çав вăхăтра монархилле тата дворянла конституци енне туртăннă. Вăл революцилле демократипе сыхăну тытма пăрахнă, «Современник» журналтан, çав журнала организацилекенĕрен ытах ĕçлекен пулин те, тухса кайнă.

Çавăн хыççăн Тургенев, хăйĕн либералла шухăш-туйăмĕсене пăхăнса, реалист пулма пăрахнă пулсан, пурнăçа тĕрĕс мар сăнлама тытăннă пулсан, унăн таланчĕ пĕтме те пултарнă. Анчах та ĕç ун пек пулман. Мĕншĕн тесен Тургенев пурнăçа чăн сăнласа кăтартма пăрахман, ку вăл ăна «Ашшĕсемпе ачисем» ятлă роман çырнă чухне пысăк пулăшу панă. Тургенев, либерал пулнăскер, «Добролюбовпа Чернышевскийĕн мужикле демократизмне йышăнманскер» (В. И. Ленин), разночинец образне пĕтĕмĕшпех йышăнман. Вăл Базарова пĕр-пĕччен туса кăтартнă, Базаров вилет те вара унăн ĕçне малалла туса пыракан çынсем юлмаççĕ. Анчах, çапла пулин те, Тургенев çав разночинец «аристократсенчен» инçе, çÿлти пусăмра тăнине лайăх сăнласа панă.

«Тĕтĕм» тата «Çĕнни» («Новь») романсенче Тургенев реализмĕн вăйĕ пăрахса чакнă, анчах пĕтмен.

Вырăс пурнăçĕнче мĕнле прогрессивлă явленисем пулнă, Тургенев çавсемпе пурне те интересленнĕ. «Проза сăвăсем» ятлă пĕчĕк калавсен циклĕнче вăл вырăс ялĕн ытлашши курăнмасăр, анчах та кăмăла каякан йăлисем çинчен асăнса савăнать, вырăс хресчекĕн ăшă кăмăлне мухтать («Икĕ пуян»), вырăс революционеркин çирĕп хăюлăхне ырлать («Алăк умĕ» — «Порог»). Тăван чĕлхе çинчен Тургенев тивĕçлипе мухтанса, чăн-чăн патриот пек çапла калать: «Иккĕленнĕ кунсенче, хамăн тăван çĕршывăн шăпи çинчен шухăшласа асапланнă кунсенче — пĕр эсĕ кăна, о, аслă та хăватлă, тÿрĕ те ирĕклĕ вырăс чĕлхи! мана пулăшатăн. Кун пек чĕлхе чăн халăхăн çеç пулма пултарать».

Тургенев «хăйĕн тăван халăхĕн» аталанăвне, унăн сăн-сăпатне, унăн кăмăлне, унăн шăпине, унăн чаплă ĕçĕсене сăнласа кăтартса парасси «художникшĕн чи пысăк телей пулать», тесе шутланă. Çав задачăна реализмла искусствăпа çеç, вăл пулăшнипе кăна пурнăça кĕртме май пулнă. Тургенев реализма пĕтĕм чун-чĕререн ĕненекен писатель пулнă та ĕнтĕ. Писательсем умне вăл пысăк та ответлă задачăсем тăратнă. «Пĕр талант кăна,— тенĕ Тургенев,— сителĕксĕр. Мĕнле çынсем çинчен сăнласа кăтартасшăн, яланах çавсемпе çыхăну тытмалла, вĕсем хушшинче пулмалла; чăнлăх кирлĕ... çын сăмахне пăхса тăмалла мар, тата, юлашкинчен, вĕренни кирлĕ, пĕлÿ кирлĕ!»

Писатель çав принципсене пăхăнса пурăннă. Вăл вырăссен пурнăçĕнчи чи паллăрах енсене кăтартса паракан типлă образсем туса панă. Рудинсемпе кирсановсем, инсаровсемпе базаровсем хăйсен вăхăтĕнче питĕ те типлă сăн-сăпатсем пулнă. Тургенев романĕсенчи хĕрарăмсен сăнарĕсем те пурнăçпа тачă çыхăнса тăраççĕ. Вĕсем—ĕссĕр ларма юратман, хăйсен Тăван çĕршывне пĕтĕм чунтан юратакан, çутă кăмăллă та ырă чунлă çынсем.

Тургенев ытарма çук лайăх художник-психолог пулнă, вăл Лаврецкийĕн, Еленăн, Базаровăн чун-чĕрине, шухăш-кăмăлне питĕ те лайăх уçса панă. Çыннăн шухăшне, сăн-сăпатне лайăх уçса пама пĕлнине пĕрлех, вăл çын мĕнле ĕçленине, пурнăçра мĕнле кĕрешнине те питĕ лайăх сăнласа пама пултарнă. Тургенев сăнласа кăтартнă çынсем калаçаççĕ-и е мĕн те пулсан тăваççĕ-и,—яланах вĕсен хыçĕнче вырăс обществинчи вăйсем курăнса тăнă.

Тургенев вырăс çĕршывне, çутçанталăкне питĕ те ăста сăнласа пама пĕлнĕ.

Тургенев калама çук чаплă чĕлхе ăсти пулнă. Ун чĕлхинче поэзи палăрса тăрать. Предложенисене вăл питĕ çăмăл вулансмалла çырнă. Танлаштарăвĕсемпе эпитечĕсем çав тери вырăнлă та çивĕч. Тургенев геройĕсен кашнин хăйĕн чĕлхе, кашни хăй пек калаçать, вĕсене никпле те пĕр-пĕринпе пăтраштарса яма çук. Вырăс чĕлхин историйĕнче Тургенев пысăк те хисеплĕ вырăн йышăнса тăрать.

Тургенев, Германипе Францире нумай çулсем хушши пурăннăскер, Хĕвеланăç Европăра пурнăç мĕнлине çав тери лайăх пĕлнĕ. Вăл хĕвеланăçĕнчи прогрессивлă культурăн ситĕнĕвĕсене питĕ хакланă, Шекспир, Гете, Золя çырнисене тăрăшсах Россиăра сарнă. Çав вăхăтрах вăл буржуаллă Европăн ирсĕр ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларнă. «Ĕмĕлкесем» («Призраки») повĕçре вăл буржуаллă Парижăн тискер йăлисене сатирăлла сăнласа панă, «Çурхи шывсем» произведенире çăтăн та икĕ питлĕ нимĕç мещенне тăрăхлать. Чикĕ леш енчи XIX—XX-мĕш ĕмĕрти чылай писательсем Тургеневран çырма вĕреннĕ.

Вырăссен малта пыракан культурине аталантарас ĕçе Тургенев питĕ нумай вăй хунă. В. И. Ленин Тургеневăн политикăлла шухăш-кăмăлĕсем ытла хăюллах мар пулнине палăртнипе пĕрлех, Тургенева пысăк художник-реалист тата чаплă чĕлхе ăсти тесе хакланă. «Эпир Тургеневăн, Толстойăн, Добролюбовăн, Чернышевскин чĕлхи аслă та хăватлă пулнине сиртен лайăхрах пĕлетпĕр»,— тесе ответленĕ вăл либералсене. «Гейден графа асăнса» ятлă статьяра Ленин Тургенев сăнласа панă помещик-крепостник Пеночкина аса илет. Çав образ пулăшнипе Ленин вырăс дворянĕсен питĕ те паллă идеологĕсенчен пĕрне, илемлĕ сăмахсемпе витĕнсе хăйĕн çăткăнлăхне пытарма хăтланакансене, тăрă шыв çине кăларать.

Тургенев çырса хăварнисем пирĕн çĕршывра питĕ пысăк хисепре, малашне те вăл çапла пулĕ. Тургенев çырнă ытарайми лайăх произведенисене темиçе тĕрлĕ чĕлхесем çине куçарса миллионшар экземпляр пичетлесе кăлараççĕ. Тургенев хытă тăрăхласа çырнă «Харамныр» («Нахлебник»), «Предводитель патĕнче иркн апат» («Завтрак у предводителя») пьесăсене тата «Пĕр уйăх ялта» («Месяц в деревне») ятлă витĕмлĕ комедие совет театрĕн сцени çинче вылясa кăтартаççĕ. Паянхи кун та хăватлăн илтĕнеççĕ Тургеневăн çав сăмахĕсем: «...космополит— нуль, нульрен те япăхрах, халăхсăр художество та, чăнлăх та, пурнăç та, нимĕн те çук».

Тургенев произведенийĕсенчи асран кайми сăнсем пире иртнĕ вăхăтри пурнăçпа танлаштараççĕ. Вĕсем совет çамрăкĕсене аслă та хăватлă, тÿрĕ те ирĕклĕ вырăс чĕлхине хисеплеме, хамăр çĕршывăмăра, хамăрăн халăха вĕçĕмсĕр юратса пурăнма вĕрентеççĕ.

**А. ЦЕЙТЛИН,**
филологи наукисен докторĕ.

# Хӗвеланӑҫ Германи парламенчӗн суйлавӗ умӗн

**БЕРЛИН**, сентябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Сентябрӗн 6-мӗшӗнче Хӗвеланӑҫ Германире Хӗвеланӑҫ Германи парламенчӗн (бундестагӑн) суйлавӗ пулса иртет.

Аденауэр ушкӑнӗ, тӑватӑ ҫул хушши пуҫ пулса тӑнӑ вӑхӑтра халӑха хирӗҫле политика тытса пырса, халӑх массисем хушшинче хӑйӗн авторитетне чылай ҫухатнӑ.

Аденауэрӑн шалти политики Германири концернсене, милитаризма, реваншизма вӑй илме пулӑшнӑ, хулари тата ялти ӗҫсӗр нисен пурнӑҫне чухӑнлатса пынӑ, Германи икӗ пая уйрӑлса тӑрассине тата ытларах ҫирӗплетнӗ. Тулашри политика тӗлӗшӗнчен Аденауэр, халӑхӑн анлӑ массисен ирӗкне пӑхмасӑр, Хӗвеланӑҫ Германие Америкӑн агрессилӗ союзӗсене—Ҫурҫӗр Атлантика союзӗпе «Европӑри оборона пӗрлешӗвӗ» теневскерне кӗртме тӑрӑшнӑ.

Нимӗҫ халӑхӗн тӗп интересӗсемпе Бонн правительствин официальнӑй политики хушшинчи хирӗҫӳсем вӑйланса ҫитни Бонн влаҫӗсемпе вӗсен ексан леш енчи хуҫисене, хальхи вӑхӑтра пуҫ пулса тӑракансене мӗнле пулсан та влаҫра хӑвармалла тӑвас тесе тискер мерӑсем йышӑнма хӗтӗртнӗ.

Ҫак мерӑсенчен пӗри вӑл суйлав умӗн Хӗвеланӑҫ Германири прогрессивлӑ вӑйсене хирӗҫ иртерекен хаяр террор пулать.

Америка монополисчӗсемпе Хӗвеланӑҫ Германи монополисчӗсем, хаҫатсене сутӑн илме тата демагогилле агитаци сарма укҫа нумай уйӑрса парса, сӗнтерӳ тума шутлаҫҫӗ.

Хӗвеланӑҫ Германири ДПА агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, сентябрӗн 6-мӗшӗнчи суйлава 33 миллион ҫынна яхӑн хутшӑнма пултарать. Пӗтӗмпе 484 депутат суйламалла. 242 депутата суйлав округӗсенче сасӑсем ытларах пулнипе, тепӗр 242 депутата—партисен провинцисенчи списокӗсем тӑрӑх, кашни парти илнӗ сасӑсене кура, суйламалла. Суйлавра 15 тӗп партисемпе организацисем тӑратнӑ 2.600 депутат баллатировкӑна тӑрать. Суйлава организацисемпе ушкӑнсем пӗтӗмпе 40 яхӑн хутшӑнаҫҫӗ.

Реакци уйрӑмах правительство коалицине кӗрекен партисем ҫине тимлӗн пӑхать. Ку партисен шутне, чи малтан, Аденауэр партийӗ кӗрет. Вӑл «христианла-демократла союзпа христианла социальнӑй союза» пӗрлештерсе тӑрать. Вӑл шултра капиталпа Америка империализмӗн агентурин партийӗ. Иккӗмӗш парти—демократилле ирӗклӗ парти. Вӑл та шултра буржуази партийӗ пулса тӑрать. Виҫҫӗмӗш парти—нимӗҫ партийӗ. Вӑл Хӗвеланӑҫ Германири буржуазипе юнкерсен реваншистла националистла ушкӑнӗсен интересӗсене палӑртса тӑрать. Нимӗҫ партийӗ пуринчен ытла фашистсен партийӗнче пулнӑ ҫынсем ҫине таянса тӑрать.

Правительство блокне кӗрекен виҫӗ парти Бонн правительствипе бундестага ертсе пынӑ вӑхӑтра хӑйсен сӗн-сӑпатне лайӑх кӑтартса пачӗҫ. Вӗсем Германи наци интересне сутакан партисем, Германие Америка империализмӗн партийӗсем, Германие икӗ пая уйӑракан тата вӑрҫӑ партийӗсем.

Оппозицилле пысӑк партисенчен пӗри—социал-демократсен партийӗ пулса тӑрать. Ӑна суйлавра Хӗвеланӑҫ Германири профсоюзсем пулӑшса тӑраҫҫӗ.

Социал-демократсен партийӗн реформистла сылтӑм руководствин, массӑсем хушшинче хӑйӗн влиянине сыхласа хӑварма тӑрӑшса тата массӑсем хӗснипе, суйлав кампанийӗ пынӑ вӑхӑтра Аденауэрӑн тулашри тата шалти чылай ӗҫӗсене тӑрӑх критикӑпа тухма тивнӗ, ҫавӑн пекех Германи халӑхӗ кӑмӑллакан лозунгсене—Германие пӗрлештерессишӗн, ҫар союзӗсене хутшӑнассине хирӗҫ тӑрасси ҫинчен тата ытти лозунгсем кӑларса тӑратмалла пулнӑ. Анчах ҫакӑ вӑл социал-демократсен партийӗн пуҫлӑхӗсене Аденауэр политикине хутшӑнма, коммунистсене хирӗҫ пропаганда туса пыма, коммунистсен партийӗ рабочи класс хушшинче пӗрлӗх туса кума тӑрӑшнина хирӗҫ тӑма нимӗн чухлӗ те кансӗрлемест. Хальхи бундестагра социал-демократсен партийӗ 129 вырӑн йышӑнса тӑрать. Аденауэрӑн «христианла-демократсен союзӗпе христианла социальнӑй союз» партийӗ 146 вырӑн йышӑнать.

Хӗвеланӑҫ Германири хальхи суйлав умӗнхи кӗрешӳре прогрессивлӑ буржуази Аденауэр политикине хирӗҫ тӑнине палӑртмалла. Ҫак оппозицие палӑртакан вӑл пӗтӗмӗшле Германи халӑх партийӗ пулать. Ӑна Аденауэр правительствинче шалти ӗҫсен министрӗ пулнӑ Хейнеман ертсе пырать. Вӑл нимӗҫсен пӗрлӗхшӗн, миршӗн тата ирӗклӗхшӗн кӗрешекен союзӗпе (ку союза Германири демократилле паллӑ деятельсем Б. Эльфес тата доктор Вирт ертсе пыраҫҫӗ) пӗр блокра тӑрать. Ҫак партисем Германи пӗрлӗхӗшӗн, тулашри политикӑри никама пӑхӑнманлӑхшӑн, пур йышши ҫар союзӗсене те хирӗҫ тӑраҫҫӗ.

Нимӗҫ ӗҫчинисен интересӗсемшӗн, Германин наципе интересӗсемшӗн, пӗрлӗхшӗн, мирлӗ договоршӑн, ремилитаризацие хирӗҫ, Боннри тата Парижри ҫар договорӗсене хирӗҫ суйлавра Германири Коммунистсен партийӗ паттӑррӑн кӗрешет. Коммунистсен партийӗ суйлав умӗнхи кӗрешӗве правительство ушкӑнӗсен партийӗ хӗснӗ тата суйлава хутшӑнакан ытти мӗнпур партисем элек сарнӑ условисенче иртерет.

**БЕРЛИН**, сентябрӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Хӗвеланӑҫ Германире суйлав пулассине темиҫе кун кӑна юлнӑ. Ҫак кунсенче Хӗвеланӑҫ Германири хуласенче, рабочи поселоксенче, ялсенче суйлав умӗнхи юлашки пухусем пулса иртеҫҫӗ.

Бонн влаҫӗсен полицилле хаяр террорне пӑхмасӑр, Хӗвеланӑҫ Германири ӗҫчинисем суйлав умӗнхи митингсемпе пухусенче бундестага Германири Коммунистсен партийӗнчен тӑратнӑ кандидатсене чӗререн хапӑлласа ырлаҫҫӗ.

**АДН** агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Гамбургра тата Бременра нумай пин ҫынлӑ митингсем пулса иртнӗ. Вӑл митингсенче Германири Коммунистсен партийӗн председателӗ Макс Рейман тухса каланӑ. Ҫавӑн пекех Германири Коммунистсен партийӗ Вупперталь, Аахен, Минден хулисенче суйлав умӗнхи митингсем иртернӗ. Митингсенче Коммунистсен партийӗнчен бундестага депутата суйлама тӑратнӑ кандидатсем Фриц Рише, Иозеф Ледвон, Франц Гейтнер тухса каланӑ. Вӗсем суйлавҫӑсене сентябрӗн 6-мӗшӗнче Германири Коммунистсен партийӗн кандидачӗсемшӗн сасӑлама, ҫапла вара Аденауэр правительствине сирпӗтсе антарма чӗннӗ.

Вуппертальри митингра тухса каланӑ чухне Фриц Рише Бонн правительстви экономика енӗпе тытса пыракан политика пысӑк катастрофа патне илсе ҫитернине нумай тӗслӗхсемпе кӑтартса панӑ. Вӑл ҫавна палӑртнӑ; социал-демократсен партийӗн правленийӗ килӗшӳсем тӑвассишӗн тата йывӑрланса ҫитнӗ лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатассишӗн тӑвакан кирек мӗнле ӗҫе те Германири Коммунистсен партийӗ ырлать.

Ҫак кунсенче Германири социал-демократсен партийӗн кандидачӗсем те нумайӑшӗ Аденауэр правительствин политикине суйлавҫӑсем умӗнче тӑрӑ шыв ҫине кӑлараҫҫӗ.

Рабочисем — коммунистсемпе социал-демократсем—Бонри реакцилле партисене пулӑшакансен фашистла террорне хирӗҫ тӑма пӗрлешеҫҫӗ.



София хули. Нумай пулмасть Болгари Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗпе Болгарири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ халӑха кирлӗ таварсене вакӑн сутмалли хаксене сӗнӗрен, виҫҫӗмӗш хут йӳнетесси ҫинчен постановлени йышӑннӑ. Тавар хаксене йӳнетни май халӑх пысӑк усӑ курать.

**ӲКЕРЧӖК ҪИНЧЕ**: работница Елена Стамова магазинта йӳнетнӗ хакпа пурӑҫӑн пир илет.

## Демократилле Корея Халӑх Республикин Правительство делегацийӗ Мускава килме тухнӑ

**ПХЕНЬЯН**, сентябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Пхеньянран Мускава Демократилле Корея Халӑх Республикин Правительство делегацийӗ тухса кайнӑ. Делегацие Демократилле Корея Халӑх Республикин Министрӗсен Кабинечӗн Председателӗ Ким Ир Сен ертсе пырать.

Правительство делегацине ҫаксем кӗреҫҫӗ: Демократилле Корея Халӑх Республикин Министрӗсен Кабинечӗн Председатель заместителӗ Тен Ир Ден, Ют ҫӗршыв Ӗҫӗсен Министрӗ Нам Ир, Госплан председателӗ Тен Дюн Тхяк, Корейӑри Ӗҫлӗх партийӗн Центральнӑй Комитечӗн председатель заместителӗ Пак Ден Ай, Чугун сулсен министрӗ Ким Ха Иль.

## Корея хаҫачӗсем Совет правительстви Корея халӑхне пулӑшни ҫинчен

**ПХЕНЬЯН**, сентябрӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Корейӑри хаҫатсем Корейӑри тӗп телеграф агентстви пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ. Ӑна ҫакӑн пек ят панӑ: «Совет правительстви пирӗн ҫӗршыва промышленность предприятийӗсене юсас тата реконструкцилес, халӑха вӗрентес ӗҫпе сывлӑх ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе пулӑшма хатӗр тӑни ҫинчен пӗлтернӗ». Пӗлтерӳре ҫапла каланӑ: Корея халӑхӗн вӑрҫӑ никӗлтернӗ хуҫалӑхне юсама Совет Правительстви пӗр миллиард тенкӗ укҫа парса пулӑшма йышӑнни кашни корееца аслӑ Совет Союзне чӗререн тав тума хавхалантарать. Совет Правительстви, тӑванла пулӑшу парса, чи малтан Ким Чак ячӗпе тӑракан металлурги заводне, Ким Чак хулинчи хурҫӑ шӑратакан завода, Нампхо хулинчи тӗслӗ металсен заводне, Сынхӧрти хими комбиначӗпе цемент заводне тата Супхун ГЭС-не юсаса реконструкцилеме пулӑшу пама йышӑнна. Ҫак предприятисене ӗҫе кӗртни пирӗн ҫӗршывӑн промышленноҫне хӑвӑрт юсаса малалла аталантармалли никӗс пулса тӑрать. Кунсӑр пуҫне Совет Союзӗ республикӑн тимӗҫ транспортне юсама, нефть продукчӗсем хатӗрлевен предприятисем тума, сутӗҫпе сывлӑх ӗҫне ҫӗнӗлле йӗркелеме пулӑшать. Корея халӑхне ҫакӑн пек тӑванла пулӑшу пани вӑрҫӑ кӳнӗ суранисене хӑвӑрт сиплесе ҫитерме тата ҫӗршывӑн сурҫӗр пайӗнче демократилле никӗс ҫинче ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума май парать.

## Лейпциг ярмаркинче

**БЕРЛИН**, сентябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Лейпцигра пресс-конференци пулса иртнӗ. Пресс-конференцире Демократилле Германи Республикин тулашри тата Германири шалти суту-илӳ министрӗ Курт Грегор нимӗҫ хаҫачӗсемпе ют ҫӗршыв хаҫачӗсен представителӗсене Лейпцигри ярмарка мӗнле пыни ҫинчен каласа панӑ.

Министр Грегор, уйрӑммӑн илсен, ҫапла пӗлтернӗ: Демократилле Германи Республикинчи суту-илӳ органӗсем ярмарка уҫӑлсан малтанхи икӗ кун хушшинче таварсем сутса илесси ҫинчен ют ҫӗршывсемпе 124 миллион тенкӗлӗх килӗшӳсем тунӑ. Иртнӗ ҫул вара ҫак вӑхӑт хушшинче таварсем сутса илесси ҫинчен ют ҫӗршывсемпе пурӗ те 1 миллион тенкӗлӗх кӑна килӗшӳсем тунӑ пулнӑ.

Малтанхи икӗ кун хушшинче Демократилле Германи Республики ют ҫӗршывсене тавар сутас тӗлӗшпе демократи лагерьне кӗрекен ҫӗршывсемпе—Совет Союзӗпе, Китай Халӑх Республикипе, Чехословакипе, Польшӑпа пысӑк килӗшӳсем тунӑ.

### Хӗвеланӑҫ Германири влаҫсен ҫӗнӗ провокацийӗ

**БЕРЛИН**, сентябрӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Бундестаг суйлавӗ ҫывхарса килнӗ май Бонн влаҫӗсем ытла та сехӗрленеҫҫӗ, ҫӗршыври демократилле вӑйсене хирӗҫ ҫӗнӗ провокацисемпе терророла ӗҫсем организацилеҫҫӗ.

Рейтер агентствин Бонри корреспонденчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, ӗнер Бонн влаҫӗсем провокацилле ҫӗнӗ кампани пуҫланӑ. Хӗвеланӑҫ Германири правительствӑн представителӗ: Демократилле Германи Республикинчен Хӗвеланӑҫ Германие «Хӗвелтухӑҫ Германири коммунистсен штурмовой отрячӗсем» вӑрттӑн килнӗ, тесе суя хыпар сарнӑ. Вӑл каланӑ тӑрӑх, ҫак отрядсем «терророла ӗҫсем тунипе» сентябрӗн 6-мӗшӗнче бундестаг суйлавне кансӗрлеме кӑтарту илнӗ пулать.

Бонн правительстви мӗншӗн ҫакӑн пек ирсӗр элек шухӑшласа кӑларнӑ-ха? Мӗншӗн тесен ҫак майпа вӑл Хӗвеланӑҫ Германири Коммунистсен партийӗпе ытти демократилле организацисене хирӗҫ терророла ӗҫсем тума тата ҫӗнӗрен арестсем иртерме сӑлтав тупасшӑн, суйлавҫӑсене хӑратасшӑн, ҫакӑнпа пӗрлех Демократилле Германи Республикине хирӗҫ элек сарас кампание вӑйлатасшӑн.

Ҫакӑн пек ултавлӑ ӗҫсемпе витӗнсе, Бонн влаҫӗсем пӗтӗм Хӗвеланӑҫ Германире демократилле ҫынсене массӑллӑн арестлеме тытӑннӑ. Рейтер агентствин корреспонденчӗ Майн ҫинчи Франкфуртран 3 ҫынна яхӑн «коммунистла агитаторсене» арестлени ҫинчен пӗлтерет. Лондонри радио пӗлтернӗ тӑрӑх, пурӗ 4.500 ҫынна арестленӗ.

### ЯПОНИРЕ РАБОЧИ КЛАСӐН ПӖРЛӖХЕШӖН КӖРЕШЕҪҪӖ

**ШАНХАЙ**, сентябрӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Токиоран пӗлтернӗ тӑрӑх, ӗнер унта ҫӗр кӑмрӑк промышленноҫӗнче ӗҫлекен рабочисен пӗтӗм Японири профсоюзӗн чрезвычайнӑй съезчӗ уҫӑлнӑ. Съезд ӗҫне 240 делегат хутшӑннӑ.

Кун йӗркинче тӑракан тӗп ыйтусенчен пӗри вӑл—кӗрешӳри пӗрлӗх ҫинчен тӑракан ыйту.

Съезд умӗн профсоюзсен исполнительнӑй комитечӗ ҫӗр кӑмрӑк кӑларакан 15 пысӑк компанисене кӗрекен рабочисен стачка иртерес тӗлӗшпе ӗҫлекен центральнӑй комитетне туна, ҫапла вара пӗрлӗллӗ кӗрешӳ иртерме йышӑнна.

### РИДЖУЭЙ ГЕНЕРАЛ АМЕРИКА САЛТАКӖСЕН МОРАЛӖ НАЧАРЛАННИ ҪИНЧЕН

**НЬЮ-ЙОРК**, сентябрӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). «Нью-Йорк геральд трибюн» хаҫатӑн Вашингтонри корреспонденчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, Америка ҫар штабӗн ҫӗнӗ начальникӗ Риджуэй генерал августӑн 31-мӗшӗнче иртернӗ пресс-конференцире Америка салтакӗсен моралӗ начарланса ҫитни ҫинчен каланӑ. Вӑл каланӑ тӑрӑх, Америка халӑхӗ офицерсен корпусне хисеплеми пулнӑ.

Генерал Риджуэй Вест-Пойнтра (ҫар шкулӗнче) вӗренекен чылай кадетсем ҫар службине пӑрахса кайнӑ пирки пӑшӑрханать.

# Италипе Югослави хушшинчи ҫыхӑнусем пирки

**РИМ**, августӑн 30-мӗшӗ. (ТАСС). Юлашки кунсенче Италипе Югослави хушшинчи ҫыхӑнусем Ирӗклӗ Триест Территорийӗ ҫинчен тӑракан ыйту пирки питех те йывӑрланса ҫитнӗ. Икӗ енӗ те вӑрҫӑ ӗҫӗсене хатӗрленни ҫинчен калакан хыпарсем сӳреҫҫӗ.

Итали хаҫачӗсем Югославин Югопресс агентстви Югослави ҫарӗн маневрӗсем ҫинчен пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ. Итали хаҫачӗсем ҫак пӗлтерӗве «официозлӑ пӗлтерӳ» вырӑнне хурса шутлаҫҫӗ. Югослави агентстви, тесе ҫыраҫҫӗ хаҫатсем, Югослави Ирӗклӗ Триест Территорийӗн «Б» зонине официальнӑй йӗркепе хӑйӗн территорийӗ сумне пӗрлештерме шутлани ҫинчен калать.

Итали ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерстви официальнӑй заявлени пичетлесе кӑларнӑ. Унта ҫапла каланӑ: Югослави чӑнласах ҫакӑн пек утӑм тӑвас пулсан, «Итали, нимӗн иккӗленмелли те ҫук, ку тӗлӗшпе пирӗн халӑх совеҫӗ хушакан ӗҫе тытӑнать». Заявленире ҫавӑн пекех тата ҫапла каланӑ: августӑн 29-мӗшӗнче Итали премьер-министрӗ Пелла США, Англи, Франци дипломатилле представителӗсене йышӑннӑ тата ҫак ыйтӑвӑн «политикӑлла тата техникӑлла енӗсене» сӳтсе явас тӗллевпе оборона министрӗпе Тавианипе, генштаб начальникӗпе Маррaспа, ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерствин генеральнӑй секретарӗпе Дзоппипе канашланӑ.

Хаҫатсем ҫакна палӑртаҫҫӗ: Югопресс пӗлтерӗвне партизансен съездне пухас умӗн пичетлесе кӑларнӑ. Ҫак съездра Тито сӑмах тухса каламалла. Ҫавӑн пекех ку пӗлтерӗве тата Югослави ҫар маневрӗсем иртерес умӗн пичетлесе кӑларнӑ. «Темпо» хаҫат ҫырнӑ тӑрӑх, ку маневрсене Любляна́ран инҫетри мар вырӑнта, урӑхла каласан, «Итали чикки ҫывӑхӗнче» иртереҫҫӗ.

«Куотидиано» хаҫатра Римри информаци агентстви пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ. Унта каланӑ тӑрӑх, министрсен совечӗн председателӗ Пелла, оборона министрӗ Тавиани тата генеральнӑй штаб начальникӗ Маррас хушшинче пулнӑ канашлу вӑхӑтӗнче Югославие хирӗҫ йышӑнмалли «контрмерӑсем» ҫинчен сӳтсе явнӑ, «Югослави федеральнӑй республики енчен пулма пултаракан кирек мӗнле тапӑнӑва та сийӗнчех сирсе ямалла тӑвас тӗллевпе хӗвелтухӑҫ чиккинче ҫарсене куҫарма палӑртнӑ».

Сакнашкал мерӑсем йышӑнни май, ҫар ҫыннисене отпуска яма чарнӑ.

**ЛОНДОН**, августӑн 30-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчӗ Белградран ҫапла пӗлтерет:

Августӑн 30-мӗшӗнче Югославин официальнӑй агентстви Танюг ҫапла пӗлтернӗ: Ирӗклӗ Триест Территорийӗн Югослави ҫарӗсем оккупацилесе тӑракан «В» зонине Югослави хӑйӗн территорийӗ сумне пӗрлештерме хатӗрленет, тесе Италире пӗлтернисене Югославири официальнӑй ҫынсем «шухӑшласа кӑларнӑ провокаци» вырӑнне хураҫҫӗ. Югославин правительствин представителӗ: ҫак ыйту пирки нимӗн те каламастӑп, тенӗ.

**ЛОНДОН**, сентябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчӗ Белградран пӗлтернӗ тӑрӑх, ӗнер каҫхине Югославин официальнӑй агентстви Танюг ҫапла пӗлтернӗ: Итали салтакӗсем, 25 ҫынна яхӑн, Югослави территорине пырса кӗнӗ те «боевой йӗрке йышӑнса тӑнӑ».

Танюг ҫапла пӗлтерет: Любляны хулинчен илнӗ хыпарсем тӑрӑх, Италин пӗр рота салтакӗсем Нова Горица районӗнче (Италири Горица тӗлӗнче) Югослави территорине пырса кӗнӗ. Югослави пограничникӗсем икӗ хутчен тухса кайма сӗннӗ хыҫҫӑн тин Итали салтакӗсем Югослави территоринчен тухса кайнӑ. Горица хули Италипе Югослави чиккинче, Триестран 15 миля ҫурҫӗртерехре.

Танюг агентстви пӗлтернинче ятарласа уйӑрнӑ комисси ҫак ӗҫ пулса иртнӗ вырӑна тӗрӗслесе пӗлме тухса кайни ҫинчен каланӑ.

Англи посолӗ Маллет тата США поверенныйӗ Уолнер Югослави Триест тӗлӗшӗнчен мӗнле позици тытни ҫинчен пӗлме ӗнер каҫхине Югослави ют ҫӗршыв ӗҫӗсем енӗпе ӗҫлекен государство секретариатне пынӑ. Вӗсем иккӗшӗ те «ӗҫсем мӗнле пулса пынине сӑнаса тӑма» ӗнер Словенирен Белграда таврӑннӑ.

**ЛОНДОН**, сентябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчӗ Белградран пӗлтернӗ тӑрӑх, Римра Итали ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерствин представителӗ Итали салтакӗсем Югослави чикки урлӑ каҫнӑ тесе калавине сийӗнчех сирсе пӑрахнӑ, ҫак пӗлтерӗве «пачах суя хыпар», тенӗ.

Югославин ют ҫӗршыв ӗҫӗсем енӗпе ӗҫлекен государство секретариачӗн представителӗ Белградра августӑн 31-мӗшӗнче ирхине Югослави Ирӗклӗ Триест Территорийӗн хӑй оккупацилесе тӑракан «В» зонине хӑйӗн территорийӗ сумне пӗрлештерме шутламасть, тесе пӗлтернӗ.

**РИМ**, сентябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Итали министрӗсен совечӗн председателӗ Пелла ӗнер США, Англи, Франци дипломатилле представителӗсене кашнине уйрӑммӑн йышӑннӑ.

АНСА агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, вӗсем Пеллана Триест ыйтӑвӗ пирки хӑйсен правительствисен ӗҫсем ҫинчен пӗлтернӗ.

Каярахпа Пелла США-н дипломатилле представителӗпе тепӗр хут тӗл пулнӑ.

Хаҫатсем ҫапла пӗлтереҫҫӗ: Италин пӗр крейсерӗ тата икӗ эсминецӗ Венеци портне пырса ҫитнӗ.

**ПАРИЖ**, сентябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Парижри радио ҫапла пӗлтерет:

«Ирӗклӗ Триест Территорийӗн «В» зонине Югослави хӑйӗн территорийӗ сумне пӗрлештерме шутламӑнни ҫинчен Югославин официальнӑй информаци агентстви пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ пулсан та, итальянецсем те, югославсем те питӗ хумханаҫҫӗ.

Августӑн 31-мӗшӗнче Итали хаҫачӗсем Югославие хирӗҫ ҫырнӑ статьясем пичетлесе кӑларнӑ. Ҫак статьясенче хӗвеланӑҫӗнчи державӑсене, вӗсем Титона ҫак ӗҫре хавхалантарса тӑраҫҫӗ тесе, айӑпласа ҫырнӑ».

Парижри радио панӑ тепӗр пӗлтерӳре ҫапла каланӑ: «Нумай хаҫатсем ӗнер Триест ыйтӑвӗ ҫинчен статьясем ҫырса кӑларнӑ».

**БЕЛГРАД**, сентябрӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Танюг агентствин корреспонденчӗ Любляна́ран ҫапла пӗлтерет:

Югославипе Итали хушшинчи чикӗрен илнӗ хыпарсем тӑрӑх, Итали чаҫӗсем нумай ҫӗрте те ҫапла Югославипе Итали хушшинчи чикӗ тӑрӑх куҫса пыраҫҫӗ. Моторизованнӑй чаҫсемпе ытти чаҫсем куҫнисӗр пуҫне, салтаксемпе карабинерсен 30—40-шер ҫынлӑ ушкӑнӗсем Югослави чикки тӑрӑх патрульре ҫӳреҫҫӗ. Итальянецсем чикӗри постсене вӑйлатнӑ. Ӗнер Италин ҫар самолечӗ Югослави территорийӗ тӗлӗнче вӗҫсе ҫӳренӗ, Югослави территорине 100 метр чухлӗ вӗҫсе кӗнӗ.

**ПАРИЖ**, сентябрӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчӗ Римран ҫапла пӗлтерет:

Ӗнер каҫхине Римра тухнӑ хаҫатсем Ирӗклӗ Триест Территорийӗн Югослави контролӗнче тӑракан «В» зонинче «Италие хирӗҫле манифестаци» пулни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. Хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, ҫак манифестацисен тӗллевӗ вӑл Випакко айлӑмӗнче пысӑк митинг пулас умӗн «ҫынсене хӗтӗртесси» пулать. Асӑннӑ митингра Тито тухса каламалла.

Хаҫатсем ҫырнӑ тӑрӑх, ораторсем «Ирӗклӗ Триест Территорийӗн «В» зонине туртса илме ыйтса, националистла шухӑшсене вӑйлатаҫҫӗ».

**БЕЛГРАД**, сентябрӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Танюг агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Итали ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерствине Югославин Римри миссийӗ урлӑ Югослави панӑ нотӑра Итали чаҫӗсем Югославипе Итали хушшинчи чикӗ тӑрӑхӗнче иртерекен хӗспӑшаллӑ демонстрацисене хирӗҫ татӑклӑ протест панӑ.

**ПАРИЖ**, сентябрӗн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви Римран пӗлтернӗ тӑрӑх, Югослави правительстви панӑ нотӑна хирӗҫ Итали ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министерстви Югослави миссине нота ярса панӑ. Нотӑра «Итали правительстви асӑрханса сыхланас тата хӳтӗленес тӗлӗшпе хӑшпӗр мерӑсем йышӑнма кирлӗ тесе шутлать», тенӗ.

## Медицина пропаганди

**СОВЕТСКИ**. Районти колхозсем тырпул пухса кӗртме тухас умӗн райсовет исполкомӗн сывлӑх пайӗ медицина работникӗсене пухса семинар иртерчӗ. Унта колхозсенче медицина пропагандине вӑйлатас ыйтӑва сӳтсе явӗҫ.

Халӗ медицина работникӗсем колхозниксемпе колхозницӑсем хушшинче медицинӑпа санитари ыйтӑвӗсем тӑрӑх лекцисемпе докладсем тӑвас, каласусем иртерес ӗҫе чылай вӑйлатрӗҫ.

Шӗмшеҫри фельдшер пункчӗн заведующийӗ И. Арбеков юлташ ял Советне кӗрекен колхозсенче вуншар калаҫу иртернӗ.

Н. АНДРЕЕВ.

### Зооветпункт валли ҫӗнӗ ҫурт

**ЭЛЕК**. Ҫак кунсенче Тавӑтри зооветпункт ҫӗнӗ ҫурта куҫрӗ. Ҫӗнӗ ҫуртра чирлӗ выльӑхсене пӑхмалли пӳлӗм—манеж пур. Зоотехниксемпе ветработниксене ӗҫлеме сутӑ тата аслӑ пӳлӗм пур. Кунтах хваттер те тунӑ.

С. ТИХОНОВ.

### ҪАМАЛ АТЛЕТСЕН ӐМӐРТАВНЕ КАЙРЕҪ

Сентябрӗн 6—9-мӗшӗсенче Воронеж хулинче «Энергия» спорт обществи енӗпе мала тухма ҫӑмӑл атлетсен ӑмӑртӑвӗ пулса иртет. Ҫак ӑмӑртура командӑсем тата уйрӑм спортсменсем хӑйсен пултарулӑхне кӑтартаҫҫӗ.

Ӑмӑртӑва хутшӑнма Шупашкартан «Энергия» спорт обществин чи лайӑх спротсменӗсем кайнӑ. Вӗсем шутӗнче Е. Мишенкина рекордсменка, диск ывӑтас тата йӗтре тӗртес тӗлӗшпе республика рекордсменки Е. Токарева, чупса пырса виҫӗ хут сикес тата барьер урлӑ 110 метр хӑвӑрт чупас тӗлӗшпе республика рекордсменӗ Е. Бортницкий, республикӑра 800 тата 1.500 метра хӑвӑрт чупакан С. Усов тата В. Коконова, Ю. Щетинин, Н. Фомин разрядниксем пур.

### Футбол

#### РСФСР-та МАЛА ТУХАССИШӖН

Футбол вӑййипе РСФСР-та мала тухас тӗлӗшпе иртакан Атӑл зонине кӗрекен командӑсем хушшинчи ӑмӑрту вӗҫленсе пырать.

Иртнӗ вырсарникун Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионӗнче Чапаевски поселок команди Зеленодольск хулинчи (Тутар АССР-ӗ) «Торпедо» спорт обществин командипе тӗл пулса выляре. Вӑйӑ 4:0 шутпа хӑнасем ҫӗнтернипе вӗҫленчӗ.

#### ҪАМРАКСЕМ ХУШШИНЧЕ РЕСПУБЛИКА КУБОКНЕ ИЛЕССИШӖН

Ҫав кунах стадионра ҫамрӑксем хушшинче футбол вӑййипе республика кубокне илессишӗн пыракан ӑмӑртӑвӑн финалӗ пулса иртрӗ. Финалта Канашпа Етӗрне хулисенчи футбол командисем тӗл пулса выляреҫ.

Канаш хулинчи ҫамрӑк спортсменсем 5:0 шутпа ҫӗнтерсе, республика кубокне илме тивӗҫлӗ пулчӗҫ.

### ҪӖНӖ ВУЛАВ ҪУРЧӖ УҪӐЛЧӖ

**ПЕРВОМАЙСКИ**. Пӑлапуҫ Пашъел ял Советне кӗрекен «Пионер» колхозра вулав ҫурчӗ уҫӑлчӗ. Вулав ҫурчӗ валли ял Совечӗ пин тенкӗлӗх ытла кӗнекесемпе хаҫат-журналсем илсе пачӗ. Вулав ҫурчӗн заведующийӗ пулма А. Казеев коммуниста ҫирӗплетнӗ. Колхозниксем пушӑ вӑхӑтра вулав ҫуртӗнче кӗнекесемпе хаҫат-журналсем вулаҫҫӗ.

П. МЕШКОВ.

Редактор заместителӗ М. Н. ЯКИМОВ.

### КИНО

«РОДИНА»—сентябрӗн 4-мӗшӗнче пур сеанссенче те илемлӗ ҫӗнӗ фильм «Арена смелых». Сеанссем 12, 14, 16, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуҫланаҫҫӗ.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—8-67, редактор заместителӗ—4-17, ответнай секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, ял хуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ. 09334

Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Тираж 20.000 экз.